ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Август
12
юнкун
№ 158 (9067)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Промышленноçăн халĕ татса памалли задачисем

СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсене пĕтĕм совет халăхĕ чĕререн хапăл туса йышăнчĕ. Рабочисем, колхоз хресченĕсем, интеллигенци çак решенисенче Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин ăслă политикин, халăхсен пурнăçлă интересĕсене тивĕçтерекен политика, пирĕн социализмла Тăван çĕршывăн хăватне малалла тĕреклетмелли, халăх пурнăçне пур майсемпе те лайăхлатмалли политика пурнăçа кĕрсе пынине кураççĕ.

Сессире СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ тухса каланине совет çыннисем пурте пĕр шухăшлă пулса ырларĕç. Г. М. Маленков юлташ сăмахĕ совет çыннисен творчествăллă активлăхне çĕнĕ хăватпа çĕклентерчĕ. Совет правительстви пуçлăхĕн сăмахĕнче Совет Союзĕн шалти тата тулашри политикине кăтартса панă, промышленноçпа ялхуçалăхĕ енĕпе вăраха ямасăр татса памалли задачăсене никĕслесе панă. Çак задачăсене пурнăçлани хамăрăн тĕп задачăна—рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатмалли задачăна ăнăçлă пурнăçлама май парать.

СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ халăх хуçалăхне ертсе пыракан вăй пулса тăракан социализмла промышленноçăн вăраха ямасăр татса памалли задачисем çине пысăк тимлĕхпе пăхрĕ. Пирĕн промышленность пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене ăнăçлăн тултарать. Çакăн çинчен 1951 тата 1952 çулсен тата 1953 çулăн пĕрремĕш çур çулĕнчи хуçалăх итогĕсем ĕненмелле каласа параççĕ. Кăçал промышленность производствин ӳсĕмĕ, вăрçă умĕнхи 1940 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут çурă пысăкрах пулать. Çак çитĕнӳсем кашни совет çыннине савăнтараççĕ.

Пурте пĕлеççĕ, Коммунистсен партийĕ пирĕн çĕршывра социализмла индустри ĕçне йывăр промышленноçа вăйлатассинчен, металлурги, топливо, энергетика промышленноçне тата социализмла пĕтĕм экономикăна аталантарас ĕçре тĕп вырăн йышăнса тăракан машиностроение вăйлатассинчен тытăнчĕ. Партин ăслă политикине пула пирĕн халĕ ĕнтĕ хăватлă, техника тĕлĕшĕнчен малта пыракан, йывăр индустри пур. Йывăр промышленность отраслĕсенче хальхи вăхăтра пĕтĕм промышленноçри рабочисенчен 70 процентне яхăн ĕçлеççĕ, йывăр промышленноçăн отраслĕсем туса кăларакан производство хатĕрĕсем пĕтĕм промышленность продукцийĕнче 70 процента яхăн йышăнса тăраççĕ.

Пирĕн çĕршыв социализмла экономика никĕсĕсен никĕсĕ пулса тăракан йывăр промышленноçа малалла та пур майсемпе те аталантарса пырĕ. Пирĕн яланах çакна асра тытас пулать: йывăр промышленноçа аталантарни çăмăл промышленноçа малалла вăйлатса пымалли, ялхуçалăхĕн производительнăй вăйĕсене ӳстермелли, пирĕн социализмла Тăван çĕршывăн оборона пултарулăхне тĕреклетмелли çăлкуçĕ пулса тăрать.

Пирĕн çĕршывра йывăр индустрие аталантарнипе пĕрлех çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне аталантарас ĕç малалла пынă, халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси ӳснĕ. Анчах ку таранччен эпир çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне йывăр промышленноçа аталантарнă пек пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарса пыма пултарайман. Юлашки 28 çул хушшинче производство хатĕрĕсем тăвакан производство пирĕн çĕршывра 55 хута яхăн ӳснĕ пулсан, халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси пурĕ те 12 хута яхăн кăна ӳснĕ.

Хальхи вăхăтра ĕçсем улшăнчĕç.

Йывăр промышленноçа аталантарас тĕлĕшпе туна çитĕнӳсен никĕсĕ çинче пирĕн халĕ ĕнтĕ куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине татăклăн вăйлатас ĕçе организацилеме пур майсем те пур. Правительство тата партин Центральнăй Комитечĕ, терĕ СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче Г. М. Маленков юлташ хăйĕн сăмахĕнче, çăмăл, апат-çимĕç, уйрăммăн илсен, пулă промышленноçне аталантарма, ялхуçалăхне аталантарма укçа-тенкĕ чылай нумайрах уйăрса пама тата халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăлармалли задание чылай ӳстерес енĕпе тĕрлĕ мерăсем туса хучĕç; куллен кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçе машинăсем тăвакан тата йывăр промышленноçăн ытти предприятийĕсене те анлăрах хутшăнтарма йышăнчĕç.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине, 1950 çулхипе танлаштарсан, 65 процента яхăн ӳстерме шанăртнă. Партипе правительство çакăн пек задача кăларса тăратрĕç: халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине, пилĕк çуллăх планăн çак заданине чылай малтан тултармалăх тăвас тесе, пысăк хăвăртлăхсемпе вăйлатса пымалла. Задача çакăн пек пулать: çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче çĕршывра апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем çителĕклĕ тăрăххĕ пулмалла тăвас пулать, кирлĕ таварсене пурне те кашни хулара, ялăн кашни районта туянма май пултăр. Çакăн пек тăвас тесен халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине татăклăн вăйлатмалла, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне халиччен те хăвăртрах аталантармалла тăвас пулать.

Кунта тата çакна та шута илес пулать: халăхăн вĕçĕмсĕр ӳсе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене, куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине хисеп енĕпе ӳстернипе кăна, пур енчен те туллин тивĕçтерсе пыма çук. Мĕнпур промышленность таварĕсен пахалăхне лайăхлатасси çинчен тăракан ыйту пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Пирĕн предприятисем час-часах начар пахалăхлă продукци туса кăлараççĕ. Промышленность работникĕсемшĕн намăс пулсан та, массăллă таварсем хăйсен тулашĕ енĕпе, хăйсен илемĕ енĕпе час-часах совет потребителĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтермеççĕ. Халăха кирлĕ таварсем кăларса тăракан кашни предприятире ĕçлекен хозяйственниксен, партипе профсоюз организацийĕсен туса кăларакан продукцисен пахалăхне лайăхлатас, паха та хитре пир-авăр, паха та капăр тумтир, çирĕп те илемлĕ атă-пушмак туса кăларма кирлĕ пирĕн пуян майсемпе усă курмалла.

Социализмла индустри работникĕсем умĕнче совет çыннисен пурнăçне лайăхлатмалла тăвас тĕлĕшпе пысăк задачăсем тăраççĕ. Çак задачăсене ăнăçлăн татса парас тесен, пирĕн пĕтĕм хуçалăхла тата организацилле ĕçсене çĕнĕ, тата çӳлĕрех пусăма çĕклемелле.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ хăйĕн решенийĕсенче государствăпа хуçалăх органĕсен ĕçĕнче халăх хуçалăхне сахал мар сиен кӳрекен пысăк çитменлĕхсем пуррине кăтартса пачĕ. Анчах та, СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче палăртнă тăрăх, министерствăсем тата вырăнти партипе совет органĕсем съезд директивисене çаплах çителĕксĕр пурнăçлаççĕ, çитменлĕхсене пĕтерес тата предприятисене ертсе пырас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе тимĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Продукцин хăйне ларакан хакĕ çинчен тăракан ыйту çине кирлĕ пек пăхманнине çаплах пĕтермен-ха. Çав вăхăтрах ку вăл предприятин пĕтĕм ĕçĕнче тĕп показатель пулса тăрать. Нумай заводсем, фабрикăсем, шахтăсем убыткпа ĕçлеççĕ, вĕсем кăларакан продукцин хăйне ларакан хакĕ çирĕплетсе панă виçерен пысăкрах пулать. Убыткпа ĕçлекен предприятисем малта пыракан предприятисен шучĕпе пурăнаççĕ, промышленноçри хуçалăх расчечĕн никĕсне хавшатаççĕ. Хăшпĕр предприятисенче ĕç тухăçлăхне ӳстермелли задание те тултармаççĕ.

Çĕр кăмрăк тата вăрман промышленноçĕсенче, тĕслĕхрен, нумай предприятисем чылай çул хушши продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли тата ĕç тухăçлăхне ӳстермелли заданисене тултармаççĕ. Çавна пула промышленноçăн çак отраслĕсенче продукцин хăйне ларакан хакĕ çаплах пысăк. Çакă вăл çĕр кăмрăкĕпе йывăç материалсен хакне, çавăнпа пĕрле вара промышленноçăн ытти нумай таварĕсен хакне йӳнетессине чарса тăрать.

Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн чĕререн тăрăшаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем хăйсемшĕн, социализмла обществăшăн ĕçлеççĕ. Партипе профсоюз организацийĕсен, хозяйственниксен вăраха ямасăр татса памалли задачи вăл—ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн татăклăн кĕрешесси пулать.

Пирĕн çĕршыв вăйĕн çăлкуçĕ вăл — рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин хăватлă активлăхĕ пулса тăрать. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра таччăн пĕтĕçсе тăракан совет рабочийĕсем, хресченсем тата интеллигенци халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе вăраха ямасăр татса памалли задачăсене ăнăçлăн пурнăçласишĕн хăйсен вăйĕсемпе ĕçсене шелленмеççĕ. Парти, хуçалăх, профсоюз тата комсомол организацийĕсен ĕç тухăçлăхне ӳстерес, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес, продукци ытларах кăларас, унăн пахалăхне лайăхлатас ĕçре производствăри новаторсемпе малта пыракансене пур майсемпе те пулăшса пымалла.

Капитализмла стройран пур енчен те малта тăракан социализмла строй пире историре пулман хăвăртлăхсемпе малалла кайма, хамăрăн экономикăпа культурăна çĕнĕ тата пысăкрах хăватпа аталантарса пыма, халăх пурнăçне малалла лайăхлатма пысăк майсем парать. Çак майсемпе пур енчен те туллин усă курса совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, хамăрăн промышленноçпа ялхуçалăхне çĕнĕрен пысăк хăватпа çĕклентермелле тăвĕ, çĕршывра, апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен [illegible] çителĕклĕ пулмалла туса хурĕ.

(«ПРАВДА» хаçатăн августăн 11-мĕшĕнчи умстатьи).

## СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсем совет çыннисене ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантараççĕ

### Тăван çĕршыва малалла чечеклентерессишĕн!

Мускав çыннисем СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн юлашки ларăвĕнче каланă сăмаха радио тăрăх пысăк тимлĕхпе итленĕ. Сталин ячĕпе тăракан автозаводра, Л. М. Каганович ячĕпе тăракан подшипниксен заводĕнче, «Серп и молот», «Динамо» завочĕсенче тата ытти нумай предприятисемпе учрежденисенче Г. М. Маленков юлташ сăмахне коллективлă итленĕ.

«Серп и молот» заводĕнче ĕçлекен металлургсен шухăшне мартен цехĕнче ĕçлекен сталевар, Сталинла преми лауреачĕ А. Субботин питĕ лайăх палăртнă. Вăл çапла каланă:

— Маленков юлташ сăмахĕнче пирĕн халăхăн творчествăлла вăйне чĕререн ĕненни курăнса тăрать. Çак творчествăлла вăйсем кашни кун, кашни сехетре ӳссе пыраççĕ. Совет çыннисем малашлăх çине шанчăклăн пăхаççĕ, вĕсем çĕршывăн халăх хуçалăхне ытларах та ытларах вăйлатаççĕ.

Эпир, металлургсем, хамăрăн социализмла Тăван çĕршывпа мухтанатпăр. Пирĕн халăх вăйĕ—Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра таччăн пĕтĕçсе тăнинче тата пĕрлĕхлĕ пулнинче. Государство интересĕсемпе халăх интересĕсене пĕр-пĕринчен уйăрма çук. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ металлургсем умне кăларса тăратнă задачăсене чыслăн пурнăçлас тесе, эпир хамăрăн пĕтĕм вăйсене хурса ĕçлĕпĕр.

Августăн 9-мĕшĕнче А. Субботин икĕ хутчен графикран иртерсе хурçă шăратса кăларнă. Çав кун Гребешков, Гусаров тата ытти сталеварсем те ăнăçлă ĕçленĕ.

### Колхоз хресченĕсен савăнăçĕ

КУСЛАВККА, августăн 10-мĕшĕ. (Телефонпа). «Динамо» колхозри пуçламăш парторганизаци СССР Верховнăй Совечĕн 5-мĕш сессийĕн материалĕсене колхозниксене ăнлантарса парассине лайăх йĕркеленĕ.

Парторганизаци агитаторсен семинарне ирттерчĕ. Сесси ĕçĕсемпе решенийĕсем çинчен радиопа панисене чылай колхозниксем ушкăнăн пухăнса итленĕ. Августăн 8-мĕшĕнче каçхине СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ сессин юлашки ларăвĕнче тухса каланă сăмаха радиопа пачĕç. Çакна итлеме Ильич лампипе çутатнă колхоз клубĕ умне 150 колхозник пухăнчĕ. Вĕсем уйхирте ĕçлесе ĕшеннине пăхмасăр правительство пуçлăхĕн чĕре патне пыракан сăмахĕсене питĕ интересленсе итлерĕç.

— Маленков юлташ сăмахĕ, — терĕ передача пĕтнĕ хыççăн артель хурт-хăмăрçи 60 çултан иртнĕ старик Павел Сергеевич Сергеев,—партипе правительство халăх хуçалăхне çĕнĕрен вăйлăн çĕклемелли задачăсене тата Совет государствин тулашри политикине хĕвел пек çутатса парать. Эпир Г. М. Маленков юлташăн кашни сăмахне чĕрене хурса йышăнтăмăр, кашни кăтартăвне ĕçре пурнăçлама тăрăщăпăр.

Çак хаваслă кунсенче агитаторсем уйхиртен, итем çинчен таталма пĕлмеççĕ. Вĕсене фермăсенче, строительство бригадинче курма пулать. Тĕрĕс сăмаха халăх патне çитерекенсем партипе правительство политики çинчен, сесси ĕçĕсемпе решенийĕсем çинчен ăнлантарса параççĕ. Колхозниксене уйрăмах 1953 çулхи Государство бюджечĕпе ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă çĕнĕ Закон интереслентерет. Вĕсем СССР Финанс министрĕ А. Г. Зверев юлташ докладне хăйсем те вуланă, анчах агитаторсенчен тĕплĕнрех ыйтса пĕлесшĕн.

Сесси материалĕсене вĕренни колхозниксен ăнланулăхĕпе ĕçри активлăхне ӳстерме пулăшать. Ял ĕçченĕсем пĕр çын юлмиччен тырпул пухса кĕртме тухаççĕ, чылайăшĕсем нормăна иртерсе тултараççĕ.

Колхоз эрне хушшинче ыраш вырса пĕтерчĕ. Çуртри çурри ытла вырнă. 200 гектар çинчен кĕлте кĕртнĕ, авăн чылай çапнă. Государствăна тырă парас ĕç ăнăçлă пырать. Çав вăхăтрах кунта кĕрхи тырăсем акаççĕ, силос хываççĕ, витесем тăваççĕ.

Т. ИВАНОВ.
(Хамăр корр.).

### Шанчăклăн малалла утатпăр

СОВЕТСКИ, августăн 11-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти ĕççыннисем СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă законсемпе сессире СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ тухса каланă сăмахсене чĕререн ырласа йышăнаççĕ. Çак кунсенче кашни колхозра сесси материалĕсене пĕрлешсе вулаççĕ, калаçусем ирттереççĕ. Колхозлă ял ĕçченĕсене Государство бюджечĕ çинчен йышăннă закон тата Совет правительствин пуçлăхĕ Г. М. Маленков юлташ каланă сăмахсем чĕрене савăнтараççĕ, тата лайăхрах ĕçлеме хаваслантараççĕ.

Шĕмшеш ял Советне кĕрекен Шверник ячĕпе тата Маленков ячĕпе тăракан колхоз членĕсем сесси материалĕсене радио тăрăх пĕрлешсе итлерĕç.

— Колхозлă ял ĕçченĕсене пуян та культурăллă пурăнакан тăвассишĕн партипе правительство куллен тăрăшаççĕ,— тет ватă пенсионер М. Харитонов юлташ.—Çакна эпир хамăр колхоз пурнăçĕнчен те аван куратпăр. Пирĕн колхоза государство ялхуçалăх машинисем нумай парса пулăшать, кăçал та пысăк çăмăллăх пачĕ. Халĕ кашни колхозник хуçалăхне пулăшас майпа ялхуçалăх налогне нумай чакармалла тунă. Капитализмла çĕршывсенче тĕрлĕ налогсем ӳссе пынă вăхăтра пирĕн государство налогсене чакарать. Çакă, паллах, пирĕн çĕршыв хăвачĕ ӳссе пынине кăтартса парать.

— Маленков юлташ сăмахне малтан пуçласа вĕçне çитиччен хапăл туса итлерĕм,—тет В. Федоров колхозник. — Унăн кашни сăмахĕ пире малашлăха лайăх курма пулăшать. Эпир ыранхишĕн пĕрре те иккĕленместпĕр. Пирĕн çул, тăллев паллă. Партипе правительство пире тĕрĕс çулпа илсе пыраççĕ.

Сесси материалĕсемпе тата Г. М. Маленков юлташ сăмахĕпе хавасланнă колхозниксем колхоза малти вырăна кăларма, ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра тума тата государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçлама тăрăшаççĕ.

Н. АНДРЕЕВ,
ял Совет председателĕ.

### Ял ĕçченĕсен сăмахĕ

ÇĔРПӲ, августăн 11-мĕшĕ. (Телефонпа). СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн юлашки ларăвĕнче каланă сăмаха районти ĕççыннисем чĕререн ырласа кĕтсе илчĕç. Çак кунсенче колхозниксемпе колхозницăсем хушшинче агитаторсем сесси материалĕсем тата Г. М. Маленков юлташ сăмахĕ тăрăх калаçусем нумай ирттереççĕ.

Хрущев ячĕпе тăракан колхозра кашни бригадăрах сесси материалĕсене тата Г. М. Маленков юлташ сăмахне ăнлантарассине лайăх йĕркеленĕ. Пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Васильев юлташ хăйĕн калаçăвне вырăнти тĕслĕхсемпе, колхозниксем умĕнче тăракан задачăсемпе çыхăнтарса ирттерет.

— Маленков юлташ сессире тухса каланă сăмаха вуласан, хамăрăн Тăван çĕршыв ӳсĕмĕсемпе, унăн пуласлăхĕпе чăннипех те мухтанас килет,—тет Л. Иванов колхозник.—Телейлĕ çĕршывра, ирĕклĕ саманара пурăннишĕн, Совет Союзĕн гражданинĕ пулнишĕн чун савăнать. Халăх хуçалăхĕ çултан-çул вăйланса, çĕршыв хăвачĕ ӳссе пырать.

Колхоз итемĕ çинче кунĕн-çĕрĕн ĕç вĕрет. Колхоз кăçал пиçсанкинчен тухăçлă тырпул пухса кĕртет. Ыраш вăтам шутпа кашни гектартан 23 центнер таран тухать. Халĕ 60 гектар ытла çапнă, 160 гектар çинчи тырпула капана хывнă. Колхоз государствăна тырă памалли графика ăнăçлăн пурнăçласа пырать.

— Партипе правительство ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă. Çитес çывăх вăхăтра пирĕн Тăван çĕршыв тата тĕреклĕрех, пирĕн пурнăç тата тулăх, культурăллă пулĕ. Çавăншăн савăнса эпир пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕпĕр,—теççĕ колхозлă ял ĕçченĕсем.

Х. ЛИСИН.

# ХИСЕП ХĂМИ

Райисполкомсемпе КПСС райкомĕсем тăратнă тăрăх, тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçленĕшĕн тата государствăна тырă памалли обязательствăсене срокчен пурнăçланăшăн Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çак колхозсемпе совхозсене республикăри Хисеп хăми çине кĕртме йышăннă:

**ЕТĔРНЕ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

1. **Буденный ячĕпе тăракан колхоз** (председателĕ Ф. П. Юхтанов юлташ, парторганизаци секретарĕ И. А. Токсубаев юлташ).
2. **Маленков ячĕпе тăракан колхоз** (председателĕ М. Н. Князьков юлташ, парторганизаци секретарĕ В. А. Мещанинов юлташ).

**ВĂРМАР РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

3. **«Красная Кубня» колхоз** (председателĕ Ф. Е. Сапаркин юлташ, парторганизаци секретарĕ Е. Т. Тимофеев юлташ).

**УЛАТĂР РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

4. **Улатăрти махорка совхозĕ** (директорĕ П. М. Корольков юлташ, парторганизаци секретарĕ А. Г. Козин юлташ).

**ПĂРАЧКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

5. **Пăрачкаври тĕштырă совхозĕ** (директорĕ А. И. Шитаев юлташ, парторганизаци секретарĕ Д. Ф. Иванцов юлташ, рабочком председателĕ А. С. Грачев юлташ).

**ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕМ ГОСУДАРСТВĂНА ТЫРĂ ПАМАЛЛИ ПЛАНА МĔНЛЕ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА**

Августăн 10-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | плана тултарнă |
|---|---|
| Шупашкар | 46,0 |
| Улатăр | 45,7 |
| Етĕрне | 44,1 |
| Кувакино | 42,8 |
| Пăрачкав | 40,8 |
| Шăхасан | 40,4 |
| Ишлей | 40,3 |
| Тăвай | 39,1 |
| Куславкка | 37,2 |
| Муркаш | 35,0 |
| Канаш | 34,1 |
| Сĕнтĕрвăрри | 32,7 |
| Вăрмар | 32,7 |
| Йĕпреç | 31,5 |
| Советски | 29,6 |
| Чурачăк | 28,7 |
| Елчĕк | 27,4 |
| Çĕрпӳ | 27,3 |
| Красноармейски | 26,4 |
| Октябрьски | 26,4 |
| Сĕнтĕр | 22,4 |
| Çĕмĕрле | 21,9 |
| Хĕрлĕ Чутай | 21,7 |
| Комсомольски | 20,8 |
| Вăрнар | 20,4 |
| Калинино | 20,2 |
| Шăмăршă | 19,1 |
| Чкаловски | 17,6 |
| Первомайски | 16,9 |
| Элĕк | 16,5 |

**ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ТЫРПУЛ ПУХСА КĔРТЕС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА**

Августăн 10-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Тырăсем пухса кĕртнĕ | Комбайнсемпе вырнă | Капана хывнă | Авăн çапнă | Пуса татнă |
|---|---|---|---|---|---|
| Елчĕк | 67 | 33 | 32 | 27 | 80 |
| Етĕрне | 63 | 40 | 78 | 46 | 60 |
| Советски | 63 | 26 | 67 | 19 | 94 |
| Чурачăк | 61 | 25 | 62 | 26 | 90 |
| Красноармейски | 60 | 26 | 45 | 21 | 91 |
| Шăхасан | 58 | 27 | 47 | 29 | 80 |
| Хĕрлĕ Чутай | 58 | 42 | 63 | 21 | 73 |
| Муркаш | 57 | 31 | 55 | 25 | 90 |
| Калинино | 57 | 32 | 50 | 25 | 90 |
| Первомайски | 56 | 24 | 28 | 32 | 72 |
| Чкаловски | 55 | 23 | 42 | 29 | 67 |
| Шупашкар | 55 | 32 | 42 | 26 | 66 |
| Комсомольски | 55 | 24 | 46 | 29 | 68 |
| Çĕрпӳ | 54 | 34 | 52 | 29 | 68 |
| Элĕк | 53 | 24 | 61 | 23 | 55 |
| Октябрьски | 53 | 30 | 33 | 21 | 50 |
| Çĕмĕрле | 53 | 28 | 56 | 24 | 100 |
| Йĕпреç | 52 | 43 | 76 | 38 | 86 |
| Вăрмар | 51 | 24 | 50 | 28 | 48 |
| Сĕнтĕр | 51 | 26 | 29 | 23 | 50 |
| Ишлей | 50 | 29 | 41 | 29 | 55 |
| Тăвай | 50 | 23 | 36 | 27 | 58 |
| Вăрнар | 49 | 27 | 46 | 31 | 96 |
| Шăмăршă | 49 | 26 | 38 | 32 | 20 |
| Канаш | 48 | 35 | 37 | 27 | 64 |
| Кувакино | 48 | 39 | 55 | 77 | — |
| Куславкка | 47 | 28 | 35 | 31 | 5 |
| Сĕнтĕрвăрри | 46 | 20 | 27 | 27 | 59 |
| Улатăр | 40 | 30 | — | 59 | — |
| Пăрачкав | 38 | 31 | 43 | 63 | — |

* * *

Августăн 5-мĕшĕпе 10-мĕшĕ хушшинче республикăри районсем пурте государствăна тырă памалли графика тултарнă. Иртнĕ пилĕккунлăхра уйрăмах Улатăр, Шупашкар, Ишлей, Сĕнтĕрвăрри, Куславкка, Кувакино районĕсем ытларах тырă панă.

Анчах те государствăна тырă парас тĕлĕшпе Элĕк, Чкаловски, Первомайски, Шăмăршă, Калинино, Вăрнар районĕсем малтанхи пекех юлса пыраççĕ. Çак районсенчи колхозсем ку таранччен те графика кĕреймерĕç, вĕсем Мордва тата Мари республикисемпе пыракан ăмăртура республикăна каялла туртса пыраççĕ.

Республикăри чылай районсенче тырпул пухса кĕртес ĕç çаплах питех те вăрах пырать-ха. Августăн 10-мĕшĕ тĕлне республикипе, вăтам шутпа, мĕнпур кĕрхи тырăсемпе пăрса йышши культурăсен 53,5 процентне вырса пуçтарнă пулсан, Пăрачкав, Улатăр, Вăрнар, Сĕнтĕрвăрри, Куславкка, Кувакино тата ытти хăшпĕр районсенче 38 процентран пуçласа 48 процента çити кăна вырса пухнă. Çав районсенчи чылай колхозсем кĕрхи тырăсене ку таранччен те вырса пĕтермен, çавна пула тырпул нумай тăкăнать.

Тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе чылай районсем юлса пыни, пуринчен малтан, çав районсенче тырпул пухса кĕртмелли тĕп машинăпа—комбайнпа питĕ япăх усă курнинчен килет. Чкаловски, Вăрмар, Сĕнтĕрвăрри, Элĕк, Комсомольски машина-трактор станцийĕсем августăн 10-мĕшĕ тĕлне комбайнпа тырă вырмалли плана 25 процентран сахалрах тултарнă, вĕсем колхозсемпе тунă договорсенче илнĕ обязательствăсене пăсаççĕ. Çак МТС директорĕсенчен Степанов, Арзамасов, Петров, Быков, Малышев юлташсенчен çапла ыйтас килет: вĕсем хăçан комбайнсемпе ĕçлессине тивĕçлипе организацилĕç? Вĕсем тырпул пухса кĕртес ĕçре çавăн пек юлса пынине пĕтерме шутлаççĕ-и? Калас пулать, нумай районсенче тырпул пухса кĕртмелли ытти машинăсемпе те питĕ начар усă кураççĕ.

Нумай районсенчи колхозсенче тырă вырас, кĕлте турттарса капана хывас тата авăн çапас ĕçсене пĕр вăхăтра туса пымаççĕ. Республикăра акнă мĕнпур тырпулран çуррине ытла вырса пуçтарнă, анчах та жнейкăсемпе тата алăпа вырнă лаптăкăн 45 процентĕ çинчен ытларах кăна кĕлте турттарса капана хывнă тата авăн çапнă. Колхозсемпе ялхуçалăх органĕсен руководителĕсен тырпула турттарса капана хывас тата çапас ĕçсене хăвăртлатас тĕлĕшпе васкавлă мерăсем йышăнмалла. Çав ĕçсене вăраха яни пысăк çухатусем патне илсе пыма тата государствăна тырă памалли плана тултарма пысăк чăрмав кӳме пултарать.

Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçсене вăйлатнипе пĕрлех кĕрхи тырăсем акмалла. Кĕрхи тырăсене пур колхозсенче те агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх срокра—августăн 25-мĕшĕнчен кая юлмасăр акса хăвармалла.

## И. В. Сталинăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем" кĕнекине чăвашла кăларнă

Чăваш АССР государство издательстви И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă кĕнекине чăвашла куçарса кăларнă.

Кĕнекере çакăн пек произведенисем пичетленнĕ:

1951 çулхи ноябрьте пулнă дискуссипе çыхăнса тăракан экономикăлла ыйтусем пирки асăрхаттарнисем.

Александр Ильич Ноткин юлташа панă ответ.

Л. Д. Ярошенко юлташăн йăнăшĕсем çинчен.

А. В. Санина тата В. Г. Венжер юлташсене панă ответ.

Кĕнеке тиражĕ—5,000 экземпляр.

*Парторганизацисенчи отчетпа суйлав пухăвĕсем*

# Коммунистсен активлăхне ÿстермелле

КАНАШ. Иртнĕ кунсенче Сикассисенчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри парти организацийĕн отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ. Пухура парти организацийĕн ĕçĕсем çинчен парторганизаци секретарĕ Киселев юлташ отчет туса пачĕ.

Тухса калакан юлташсем пурте Киселев юлташ отчетра япăх хатĕрленнине тата иккĕмĕш вăхăтра парти организацийĕн ĕçĕ [illegible] палăртса критиклерĕç. Вĕсем ĕçе сÿрĕклĕхпе [illegible] те [illegible].

— Парти организаци секретарĕ,— терĕ Игнатьев юлташ,— [illegible] ĕç хăй пĕччен туса пыма [illegible]. Ун пухусем туса парти ретĕнче тăман актива воспитани [illegible] тăрăшман. Хушă пухусенче те парти райкомĕнчен хушнă ыйтусене кăна сÿтсе явнă. Парти пухăвĕ йышăннă решенийĕсене пурнăçласси [illegible] кĕрешмен. Коммунистсене поручени паман, парсан та ăна мĕнле пурнăçланине тĕрĕслемен. Коллективран уйрăлса кайнă, коммунистсен сĕнĕвĕсене шута хуман, партин шалти ыйтăвĕсем çине çаврăнса пăхман пирки парти организацийĕн влиянийĕ чакса пынă.

Коммунистсем парторганизаци секретарĕ критикăна хăйне майлă хĕснине те палăртрĕç. Киселев хăйне критиклекенсене нихçан та уççăн хирĕçлемен. Анчах критиклекенсем палăртакан çитменлĕхсене нихçан та тÿрлетме тăрăшман. Çапла вара коммунистсем критиклесем пулнă. Критиклесе пăрахнипе пĕрлех, парти членĕсен пуçарулăхĕпе активлăхĕ чакнă. Вĕсем çитменлĕхсене курсан та вĕсене пĕтерес тĕлĕшпе кĕрешми пулнă. Киселев ферма заведующийĕ пулнă вăхăтра сысна çурисене хăйĕн ирĕкĕпе сутса ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснă, çамрăк выльăхсене нумай вĕлернĕ. Хăйĕн çав çитменлĕхĕсене тÿрĕ шыв çине кăларасран хăранă пирки вăл критикăна самокритикăна сÿнтерсе пыма тăрăшнă.

— Эпĕ Киселев фермăра пысăк çитменлĕхсем тунине палăртрăм, — терĕ Асьтаков коммунист.— Вăл выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине пысăк тупăшлă тума чăрмантарса пынă. Эпĕ ун çинчен Киселева хăйне те, колхоз правленине те пĕлтертĕм. Анчах хăйĕн çитменлĕхĕсене парти райкомĕнчен иккĕ тĕрĕсличчĕнех пытарса пурăнчĕ. Çапла вара вăл, критикăна пусарса, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме чарса пычĕ. Çавăн пекех вăл коммунистсен обществăлла хуçалăха ертсе пырас ĕçри активлăхне сÿнтерме тăрăшнă. Коллективран уйрăлса кайнă, ытти сен сăнахче хăлхана чиккен пирки Киселев парти организаци секретарĕн сăнарне сухатрĕ. Çавăншăн ăна парти райкомĕ парти ретĕнчен кăларчĕ.

Парти организаци партилле-политикăлла, партилле-организацилле ĕçе те çителĕксĕр туса пынă. Агитаторсенчен нумайăшĕ хăйсене уйăрса панă участоксенче калаçусем ирттермессĕ. Халĕ тырпул пуçтарса кĕртес тĕлĕшпе ĕçлекенсем хушшинче социализмла ăмăрту организацилемен. Агитаторсене семинарсем ирттермессĕ. Вĕсене тырпул пуçтарса кĕртнĕ вăхăтра ирттермелли калаçусен темитикипе те паллаштарман. Парти организаци пухăвĕнче агитаторсен отчетне итлемен. Лайăх ĕçлекен агитаторсен опытне пĕтĕçтерсе ыттисем хушшинче сарман. Иртнĕ çулсенче Сикассисенчи вулав çуртĕ республикăра лайăх ĕçлекеннисенчен пĕри пулнă. Юлашки вăхăтра вулав çуртĕн заведующийĕ Улюков хăйне шанса панă ĕçе япăхтарса янă. Ăна хирте тырă выракансемпе авăн çапакансем патĕнче те, вулав çуртĕнче те шыраса тупма çук. Сайра хутра калаçу ирттернĕ чухне те вăл колхозниксене тĕнчери хăру-тăру çинчен тĕрĕс мар ăнлантарса парать. Коммунистсем Улюков юлашки вăхăтра япăх ĕçлени, калаçусене тĕрĕс мар ирттерни çинчен парти организаци секретарьне темиçе хутчен те пĕлтернĕ пулнă. Апла пулсан та Киселев юлташ коммунистсем асăрхаттарнине хисепе илсе, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе нимĕн те туман.

— Парти организаци хăйĕн ĕçне плансăр туса пынă. План пулман пирки коммунистсем парти организаци мĕн тума шутланине пĕлмен тата парторганизаци туса ирттерекен ĕçе активлăн хутшăнма та пултарайман. Çавна пула коммунистсем пĕр чăмăр пулса ĕçлеймен. Парти организацийĕ халăхран уйрăлса кайнă,— терĕ Шорвин коммунист.

Тухса калаçакансем парти организаци кадрĕсемпе çителĕксĕр ĕçлени çинчен те нумай чарăнса тăчĕç. Бригадăсене ертсе пыма бригадирсем уйăрса лартман. Фермăсенче вăхăтлăха кăна лартнă çынсем ĕçлеççĕ. Кладовщиксем те çук. Киселев ертсе пырас ĕçе хăйне çывăх çынсене лартма тăрăшнă. Çавăнпа вĕсем хăйсен ответлăхне туйса ĕçлемен. Ертсе пырас ĕçри юлташсен отчетне итлесе, çитменлĕхсене вăхăтра тÿрлетме пулăшман.

Парти организацийĕ контроль правине тивĕçлипе усă курман пирки, колхоз правленийĕ чылай ĕçсене вăхăтра туса пыман. Колхозра выльăх витисем тăвасси çителĕксĕр пырать. Çавна шута илсе, парти организацийĕ колхоз председательне Суранов коммуниста строительство тĕлĕшпе ĕçлекен бригада организацилеме хушнă пулнă. Анчах вăл парти организацийĕ хушнине пурнăçламан. Çавна пула колхозра обществăлла выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма хатĕрленесси, çурт-йĕрсем лартасси питех те çителĕксĕр пырать. Парти организацийĕ контроль правине усă курса вăхăтра тивĕçлĕ мера йышăнман пирки колхоз правлени членĕсем колхоз лаппинсемпе тивĕçсĕр усă курса ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсаççĕ. Колхозăн сĕрне çаратакансем те пур-ха. Артелĕн арманĕсемпе ытти предприятийĕсене юсаса тупăш паракан тăвас вырăнне, япăхтарса лартаççĕ. Силос хывас, çаран утине нумай çул ÿсекен курăксене сулса пуçтарасси те питĕ çителĕксĕр пырать. Колхоз йĕрхи тырăсене акма çителĕксĕр хатĕрленет. Вика акса илнĕ вырăна тислĕк кăларса сĕртме туман. Авăн çапса вĕрлăх хатĕрлессине те вăраха тăсаççĕ.

Тухса каласнă юлташсем коммунистсен активлăхне ÿстерсен тата коллективлăн ертсе пырсан кăна парти организацийĕн ĕçĕ аванлама пултарнине кăтартса пачĕç. Пуху Киселева парторганизаци секретарĕнчен кăларса ун вырăнне Игнатьев юлташа суйларĕ. Çĕнĕ секретаре кашни коммуниста поручени парса, парторганизаци ĕçне активлăн хутшăнтарма хушса хăварчĕç.

П. ЩИПЦОВ.
(Хамăр корр.).

# Коммунистсен ĕçри дисциплинине çирĕплетни кирлĕ

ТАВАЙ. Киров ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизацире отчетпа суйлав пухăвĕ пулчĕ. Пухура парторганизаци секретарĕ А. Нилов юлташ парторганизаци отчетлă тапхăрти ĕçĕсем çинчен доклад туса пачĕ.

Пуçламăш парторганизаци хăйĕн кулленхи ĕçĕнче партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене пурнăçлассишĕн тăрăшнă, ку тĕлĕшпе ĕçлеме колхозниксен массине мобилизацилесе пынă.

Парторганизаци хăйĕн ĕçне план тăрăх туса пырать, планра палăртнă мероприятисене пурнăçа кĕртессишĕн тăрăшса ĕçлет.

КПСС Уставĕ панă правăпа усă курса, пуçламăш парторганизаци колхоз правленин ĕçĕсене куллен тĕрĕслесе пырать, ăна умра тăракан хуçалăхла ыйтусене пурнăçлама куллен пулăшать. Парти пухăвĕнче колхоз председателĕн тата ытти руководительсен отчечĕсене тăтăшах итленĕ.

Коммунистсене колхоз производствин ответлă участокĕсене лартнă, вĕсем колхоз производствинче ытти колхозниксемшĕн кăтартуллă ĕçлеççĕ.

Пуçламăш парторганизаци тăрăшса ĕçленипе тата коммунистсен колхоз производствинчи активлăхĕ ÿснипе, колхоз кăçалхи çул вăйлă тырпул пăхса çитĕнтерчĕ. Халĕ колхозниксем хĕрсех уйри тырра кĕске срокра тата тăккаламасăр пухса кĕртессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Коммунистсем пуçарнипе колхозра авăн çапас, тырă сăварас тата кантăр тылас ĕçсене шыв вăйĕпе механизациленĕ. Колхоз çапнă тырра государствăна парас тĕлĕшпе районта малта пырать, государствăна тырă памалли графика ытлашшипех тултарать.

Докладчик тата тухса калакансем ĕçри çитменлĕхсене те палăртрĕç.

Парторганизаци колхоз производствине лайăхлатас тата артель хуçалăхне хăпартас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлесе пынă, коммунистсем колхоз производствин пур отраслĕсем çине те çителĕклĕ çаврăнса пăхман, сĕрĕç культурине хăпартас енĕпе кирлĕ мерăсем йышăнман. Çавна пула колхоз экономика енчен районти ытти колхозсенчен юлса пырать, выльăх-чĕрлĕхрен сахал тупăш илет.

Нилов коммунист хăйĕн сăмахĕнче парторганизаци хăйĕн решенийĕсене пурнăçлассишĕн начар кĕрешнине палăртать. Парторганизаци нумай лайăх решенисем йышăннă, анчах вĕсем пурте пурнăçа кĕмен, вĕсем мĕнле пурнăçланса пынине парторганизаци секретарĕ çителĕксĕр тĕрĕслесе тăнă. Тĕслĕхрен, июль уйăхĕнче парторганизацин усă пухăвĕнче уйри тырпула пухса кĕртес ĕç мĕнле пыни çинчен колхоз председателĕн отчетне итленĕ. Пуху решенинче колхозра ача ясли тума, каçхине тырă вырас ĕçе организацилеме, кашни кун ĕç пĕтсен пĕр кунхи ĕç итогĕсене тума, куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав тума колхоз правлени председательне хушса хăварнă пулнă. Анчах унтанпа нумай вăхăт иртнĕ пулин те, ку решенисем паянхи куна та пурнăçланман.

— Колхозниксем хушшинче ĕç дисциплини начар,— тет коммунистка М. Абрамова юлташ.— Мĕншĕн тесен, уйрам коммунистсем ĕçе хăйсем кая юлса тухаççĕ е пачах тухмаççĕ. А. Алексеев коммунист тата унăн арăмĕ колхоз производствинче пачах ĕçлемеççĕ.

Коммунистсен дисциплини начарри çакăнтан та курăнать: отчетпа суйлав пухăвне каçхине 9 сехет те 30 минутра пуçламалла пулнă пулсан, коммунистсем вăхăтра пуçтарăнманнипе 10 сехет те 30 минутра çеç уçрĕç.

Парторганизаципе колхоз правленийĕ колхозниксем хушшинче ĕç дисциплинине çирĕплетес тесе кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ, ăнлантару ĕçне начар туса пыраççĕ. Хальхи вăхăтра ĕçе ирхине 8—9 сехетре тухакансем те нумай.

М. Смельцов коммунист парторганизацине çамрăк коммунистсене идея тĕлĕшĕнчен воспитани парассипе тата парти ретне ÿстерессипе çителĕксĕр ĕçленĕшĕн критиклет.

Тухса калакан ытти коммунистсем парторганизаци комсомол организацине çителĕксĕр ертсе пыни çинчен, хальхи вăхăтра агитацилле-массăлла ĕçе лайăхлатма кирли çинчен каларĕç.

Отчет тăрăх пурĕ 6 коммунист тухса каларĕ. Пуху отчетлă доклад тăрăх тивĕçлĕ решени йышăнчĕ, парторганизаци секретарĕ пулма А. Нилов юлташа суйларĕ. Çавăн пекех пуху районти конференцие кайма делегатсем суйларĕ.

В. ИГНАТЬЕВ.

# *Хула Совечĕн сессийĕ*

Августăн 10-мĕшĕнче ĕçсыниа депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ пулчĕ. Сесси хулана 1953 çулта лайăхлатса илемлетмелли план мĕнле пурнăçланса пыни çинчен хула Совет исполкомĕн председатель заместителĕ Михайлов депутат тунă докладпа хула Совечĕн яланхи благоустройство комиссийĕн председателĕ Тарасов депутат тунă содоклада сÿтсе яврĕ.

Докладчиксем тата прение тухса калакан юлташсем çакна палăртрĕç: пурăнмалли çурт-йĕрсем лартма, культурăпа пĕлÿ учрежденийĕсен ĕçне лайăхлатма правительство кăçал та укçа-тенкĕ нумай уйăрса панă. Анчах çав укçапа усă курса хулари çуртсене юсас, çĕнĕ çуртсем лартас, урам хушшинчи çулсене юсас ĕçсем çителĕклĕ пулса пымаççĕ-ха. Кăçалхи çичĕ уйăх хушшинче коммунальнăй предприятисене тĕпрен юсамалли плана 36,3 процент, пурăнмалли 38 хваттерлĕ çĕнĕ çурт лартмалли плана 45,4 процент çеç тултарнă. Ытти ĕçсене те начар организациленĕ. Благоустройство ĕçĕсен пĕтĕм планне 39,9 процент çеç тултарнă. Çулталăк пĕçленичченех юлнă вăхăт хушшинче благоустройство валли панă 2.537 пин тенкĕпе усă курса, плана палăртнă ĕçсене туса пĕтерес нумай.

Хула урамĕсене чул сарас тата урамсенчи асфальта юсас ĕç чĕтма çук начар пыраса пырать. Пир-авăр комбиначĕн строительстви патне пымалли çулсен япăх. Карл Маркс урамĕпе Ленинград урамĕнчи асфальтсене юсас ĕç вăраха кайрĕ. Хула урамĕсене чул саракан тата çулсене юсакан кантур (начальникĕ Тер-[illegible] юлташ) хăйĕн планне 33,7 процент çеç тултарнă. Çав кантурăн хăш ĕçе хăçан туса пĕтермелли план та çук. Нумай ĕçсене нимĕнле проектсăр, техникăлла документсăр тăваççĕ. Ĕçсен пахалăхĕ начар. Шупашкар урамĕсене сарма кÿрсе килекен чул начар тата питĕ хакла ларать. Асăннă кантурăн çитменлĕхĕсене хула Совечĕн коммунальнăй хуçалăх пайĕ те, Совет исполкомĕ те лайăх пĕлеççĕ, анчах унăн ĕçне лайăхлатма мерăсем йышăнмаççĕ.

Тарасов депутат хулара асфальтпа бетон завочĕ лартма кирлине палăртрĕ. Ку ыйтăва яланхи благоустройство комиссийĕ хула Совечĕн исполкомĕнче темиçе хутчен те хускатнă, анчах çавăн пек завод лартас пирки исполком çине тăрса ĕçлемен-ха.

Пир-авăр комбиначĕ благоустройство ĕçĕсем валли кăçал 415.500 тенкĕ уйăрса панă, çав укçаран паянхи куна 166.900 тенкипе çеç усă курнă. Пир-авăр комбиначĕн дирекцийĕ благоустройство планне пурнăçлама кирлĕ пек тăрăшмасть.

Хулари водопровода, электричество линийĕсене вăрăмлатас, пурăнмалли çуртсене юсас ĕçсем начар пурнăçланса пыраççĕ. Хулари юсамалли çуртсенчен пĕрне те юсаса пĕтермен, юсав ĕçĕсем хакла лараççĕ.

Хула хĕрринчи урамсене илемлетсе лайăхлатас ĕçе уйрăмах начар туса пыраççĕ. Йывăç лартса ÿстерес ĕçе те кирлĕ пек йĕркелемен. Хулара санитари правилисене пурнăçласа пырас ĕç япăх тăрать. Чапаевски поселока тата чугун çул станцине каймалли çулсем çинче автобуссем йĕркеллĕ çÿремеççĕ. Хула Совечĕн исполкомĕ благоустройство ĕçĕсене тума хулари общественноçа, промышленность предприятисемпе учрежденисене сахал хутшăнтарать.

Прение 11 çын тухса каларĕ.

Сосновка поселокĕнче благоустройство ĕçне общественноçа хутшăнтарни çинчен, çапах та ку ĕçре пысăк çитменлĕхсем пурри çинчен Кошелев депутат каласа пачĕ. Вăл хула Совечĕн исполкомĕн тата поселок Совечĕн благоустройство енĕпе тимлĕн ĕçлеме кирлине палăртрĕ.

Черпакова депутат Ярмарка площадьне йывăç лартса илемлетме тата ишĕлекен вырăнсенче йывăç лартса ÿстерме кирли çинчен каларĕ.

Котова депутат Сосновкăри тасалăх йĕркисене пурнăçлас ĕçе кирлĕ пек организацилеменни, поселокри больница çуртне япăх тунни, ăна юсас ĕç вăраха кайни çинчен каларĕ.

Старостин депутат хулари кĕперсене, çăлсене юсанă тытас ыйтусем çинче чарăнса тăчĕ.

Дмитриев депутат Кировски поселокра парк тума, сад ĕрчетме май пурри çинчен, магазинсемпе ларексене пĕр çĕре çеç лартни, вĕсем аякри вырăнсенче çукки çинчен каласа пачĕ.

Кузовенкова юлташ: шыв илмелли вырăнсене, çăлсен таврашне таса тытмалла, хулари тасамарлăхсен штăкĕсене вăхăтра тасатса тăмалла, терĕ.

Сессире тухса калакансем СССР Верховнăй Совечĕн решенийĕсене ырларĕç, Г. М. Маленков юлташ сессирĕ каланă сăмахри палăртнă задачăсене пурнăçлассишĕн çине тăрса кĕрешме пулчĕç.

Сесси сÿтсе явнă ыйтупа тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

# И. А. Афанасьев депутат сăмахĕ

(Национальноçсен Совечĕн 1953 çулхи августăн 7-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче каланă)

Депутат юлташсем! Коммунистсен партийĕн наци политикине пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыни СССР Союзĕнчи мĕнпур халăхсен экономикине культурине вăйлăн аталантарма май пачĕ. Партин наци политикин аслă çитĕнĕвĕсене тата совет халăхĕсен туслăхĕ чапнă çĕнтерÿ тунине уççăн кăтартса паракан тĕслĕхсенчен пĕри вăл Чăваш республикин экономикипе культури аталанса вăйланни пулать. СССР Союзĕнчи халăхсен туслă çемйинче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, аслă вырăс халăхĕ пулăшнипе, Чăваш республикинчи ĕçхалăхĕсем хуçалăхпа культура строительствинче чылай çитĕнÿсем турĕç.

Республикăри пĕтĕм халăх хуçалăхĕ хăвăрт ÿснипе пĕрлех хăшпĕр отраслĕсем, уйрăмах строительство материалĕсем тăвакан промышленность, юлса пыраççĕ. СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствин сезонлăха ĕçлекен кирпĕч завочĕсен хăвачĕ сахал, вĕсене çителĕксĕр механизациленĕ. Ивановăри кирпĕч заводне çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе тăваттăмĕш çул ĕçлеççĕ ĕнтĕ, анчах СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви уйăрса паракан укçа-тенкĕ тата материалсем проект тăрăх палăртнă ĕçсене 1953 çулта та вĕçлеме май памаççĕ. Шупашкарти кирпĕч заводне çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе те ĕç çавăн пекех. Çак заводăн çирĕплетнĕ проектлă задани те ку таранччен çук. РСФСР Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановлени те пурнăçланмасăр юлнă. Çав постановлени тăрăх, РСФСР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствине Вăрманкассинчи кирпĕч заводне тумалли проектпа смета ĕçĕсене 1952 çулта туса пĕтерме тата завода 1953 çулта тума тытăнма хушнă пулнă. Çав завода туса пĕтерсен, унăн çулталăкĕпех ĕçлемелле, çулталăкне 30 миллион кирпĕч туса кăлармалла.

Хальхи вăхăтра çĕнĕ стройкăсем стенасем тума кирлĕ материалсене 30—40 процент кăна илсе тăраççĕ. Эпĕ СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министрĕнчен Юдин юлташран Вăрманкассинчи кирпĕч заводне тăвас, Шупашкарти, Улатăрти тата Канашри кирпĕч завочĕсене çĕнетсе лайăхлатас, Куславккари шур чул кăларакан карьера пысăклатас тĕлĕшпе 1953 çулта проектпа [illegible] хумалла.

Эпĕ çавăн пекех СССР Çăмăл тата апатçимĕç промышленность министрĕнчен Косыгин юлташран Шупашкарпа Канаш хулисенче çĕнĕ [illegible] завочĕсем лартас тĕлĕшпе техникăлла документацисене 1953 çулта туса пĕтерме тата 1954 çулта çав завочĕсене тума [illegible] ыйтатăп.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ çапла кăтартса пачĕ: ресурссемпе производство хăвачĕсене тупса палăртас тата вĕсемпе усă курас тĕлĕшпе СССР Госпланĕ хăйĕн ĕçне лайăхлатма тивĕç. Производство планĕсене чакарма хăтланнисене хирĕç татăклăн кĕрешмелле. Парти съезчĕ çапла кăтартса пани промышленность предприятийĕсен производство хăвачĕсемпе усă курассине кăна мар, çавăн пекех тата строительство организацийĕсен производство аппарачĕпе усă курас ĕçе те пырса тивет. Калас пулать, çак кăтартăва СССР Госпланĕ çителĕксĕр пурнăçласа пырать-ха. Тĕслĕхрен, Шупашкар хулинче подрядлă строительство организацийĕсем 6 шутланаççĕ, вĕсем тулли хăватпа ĕçлемеççĕ. Çав вăхăтрах Шупашкарта 10 миллион тенкĕлĕх ытла строительство ĕçĕсене хуçалăх меслечĕсемпе туса пыраççĕ. Строительство ĕçĕсене хуçалăх меслечĕпе туса пыни строительство срокне вăраха ярать, строительство хакне ÿстерет тата строительство пахалăхне чакарать. Строительствăра ытлашши тăкаксем ан пулччăр тесе, вырăнти партипе совет органĕсем министерствăсенчен хăйсене пăхăнса тăракан организацисен ĕçĕсене, сăмахран, хулари водопровода анлăлатас, электричество линийĕсене çĕнетсе лайăхлатас ĕçсене подрядлă ĕçсен планне кĕртме пĕр хут кăна мар ыйтнă, анчах ыйтăва кашни хутĕнчех тивĕçтермен, çав вăхăтрах асăннă министерствăсен предприятийĕсем çав объектсемпе питĕ интересленеççĕ. СССР Госпланĕнчен ыйтни те кирлĕ результат памарĕ.

Союзлă министерствăсем нумайăшĕ Чăваш республикин территорийĕнче пысăк стройкăсем тăваççĕ, анчах та вĕсем пурăнмалли çуртсем тăвас, хăйсен предприятийĕсен территорийĕсене илемлетес, вĕсем патне пыма çулсем тăвас, урамсемпе тротуарсене асфальт сарас, водопровод-[illegible] сене канализаци тăвас ĕçсе çителĕксĕр [illegible]. [illegible] вăл [illegible] ытла СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствине, СССР Вăрман тата хут промышленность министерствине, Сулăр министерствине пырса тивет.

Ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе пирĕн умра тăракан задачăсене татса парас ĕçре СССР Ялхуçалăхне хатĕрлев министерстви енчен пулăшу кирлĕ. Çак пулăшу калăпă питĕ çителĕксĕр. СССР Ялхуçалăхне хатĕрлев министерстви Чăваш АССР-ĕнчи МТС-семпе колхозсен пулăшне çителĕксĕр шута илет.

Чăваш АССР-ĕнче кантăр акасси вăйланса пырать, анчах çак культурăна акас тата пухса кĕртес ĕçсене механизацилесси çине СССР Ялхуçалăхне хатĕрлев министерстви кирлĕ пек пăхмасть. Кантăр авес тăвас тата ăна малтанлăха хатĕрлес ĕçсене пурне те алăпа тăваççĕ. Республикăра сÿс-кантăр завочĕ мĕнпурĕ те пĕрре кăна, çакă вăл сÿс-кантăр продукцине хатĕрлес ĕçе йывăрлатать.

Эпир СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕнчен Чăваш АССР-ĕн ремонт базине тĕреклетме, республикăри МТС-сене тракторсем, комбайнсем тата ытти ялхуçалăх машинисем юсама кирлĕ запаслă пайсем пама, техникăлла культурăсем, сĕрулми, пахча çимĕçсем туса илессинчи, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессинчи йывăр ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе машинăсем пама СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине хушма ыйтатпăр.

Депутат юлташсем! СССР Верховнăй Совечĕнче пăхса тухакан СССР Государство бюджечĕ 1953 çулхи халăх хуçалăх планне пурнăçлама тата халăхăн материальнăй пурнăçне культурăлла шайне малалла ÿстерме укça-тенкĕ çителĕклĕ чухлех парса тăма май парать. Бюджет комиссийĕ тăратнă пурлетÿсемпе пĕрле СССР Государство бюджетне çирĕплетесси çинчен панă сĕнĕве эпĕ ырлатăп.

Чăваш республикинчи ĕçсыннисем, Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине вĕçĕмсĕр парăнса тăрса, малашне те СССР Союзĕнчи халăхсен туслăхне тĕреклетме, промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи çитĕнÿсене вăйлатма, хамăрăн Тăван çĕршывăн экономикăлла хăватне тĕреклетме, коммунизм строительствине тата активлăрах хутшăнма хатĕр тăраççĕ. (Алă çупаççĕ).

*Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветра*

# Чăваш АССР-ĕнчи промышленность, транспорт, сыхăну тата суту-илÿ предприятийĕсем 1953 çулхи II-мĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен

Чăваш АССР-ĕнчи промышленность, транспорт, сыхăну тата суту-илÿ предприятийĕсем 1953 çулхи иккĕмĕш кварталта ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет президиумĕ çапла йышăннă:

## СОЮЗЛА МИНИСТЕРСТВĂСЕНЕ ПĂХĂНСА ТĂРАКАН ПРЕДПРИЯТИСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводрак** хăвармалла тунă (директорĕ **Ардаматский** юлташ, завком председателĕ **Червяков** юлташ). Завод 1953 çулхи иккĕмĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана 112,9 процент, çирĕплетнĕ номенклатура тăрăх тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 3,5 процент ирттерсе тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 10,7 процент вырăнне 15,2 процент йÿнетнĕ, таварлă продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетсе планран ирттерсе чылай укçа перекетленĕ, социализмла ăмăртăвăн ытти условийĕсене те пурнăçланă.

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ, Сĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод, Шупашкарти пир-авăр фабрики лайăх ĕçленине палăртнă.

## ÇĂМĂЛ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Шупашкарти лента тĕртекен фабрикăна** памалла тунă (директорĕ **Байнов** юлташ, фабком председателĕ **Никонова** юлташ). Фабрика иккĕмĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана 121,6 процент тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 122,1 процент тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 9,3 процент йÿнетнĕ.

## АПАТ-ÇИМĔÇ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Шупашкарти макарон фабрикине** памалла тунă (директорĕ **Иванов** юлташ, фабком председателĕ **Митягин** юлташ). Фабрика иккĕмĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана 119,5 процент тата çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 117,7 процент тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 13,1 процент йÿнетнĕ.

«Чăвашмельтрестăн» Сĕмĕрлери арманĕ, Пшлейри çу завочĕ, Сĕмĕрлери сăхăр комбиначĕ тата Вăрнарти выльăх пусакан пункт лайăх ĕçленине палăртнă.

## РАЙОНСЕНЧИ ВЫРĂНТИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Канаш хулинчи промкомбинатрах** хăвармалла тунă (директорĕ **Орлов** юлташ, местком председателĕ **Полукаров** юлташ). Комбинат иккĕмĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана 202,6 процент тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 193,3 процент тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 7,4 процент вырăнне 12,3 процент йÿнетнĕ, накоплени тумалли плана ирттерсе тултарнă.

Улатăр хулинчи тата Улатăр районĕнчи промкомбинатсем лайăх ĕçленине палăртнă.

## РАЙОНСЕНЧИ АПАТ-ÇИМĔÇ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Сĕмĕрлери апат-çимĕç комбинатне** памалла тунă (директорĕ **Дымов** юлташ, местком председателĕ **Кукушкина** юлташ). Комбинат иккĕмĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх 105 процент тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 115 процент тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 1,1 процент вырăнне 3,8 процент йÿнетнĕ.

Канаш хулинчи тата [illegible]линино районĕнчи апат-çимĕç комбиначĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

## ВЫРĂНТИ ТОПЛИВО ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Кире вăрманпромхозне** памалла тунă (директорĕ **Зотов** юлташ, местком председателĕ **Родионова** юлташ). Вăрманпромхоз иккĕмĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана 206,6 процент, йывăç хатĕрлемелли плана 494 процент, турттармалли плана 202,6 процент тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли тата накоплени тумалли плансене ирттерсе тултарнă.

Улатăр, Шупашкар, Сĕмĕрле вăрманпромхозĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

## ВĂРМАНПА ХУТ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Сĕмĕрлери вăрманпромхоза** памалла тунă (директорĕ **Рожков** юлташ, рабочком председателĕ **Тимофеев** юлташ). Вăрманпромхоз иккĕмĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана 115,8 процент тултарнă, йывăç хатĕрлемелли плана 140 процент, турттармалли плана 114,2 процент тултарнă.

Улатăрти тата Кокшайскри химлесхозсем лайăх ĕçленине палăртнă.

## СЫХĂНУ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Сĕмĕрле районĕнчи сыхăну кантурĕнчех** хăвармалла тунă (начальникĕ **Константинов** юлташ, рабочком председателĕ **Зайцев** юлташ). Çак кантур иккĕмĕш кварталта тупăш илмелли плана 101,6 процент, хулара телефон кĕртмелли плана 100 процент, радио кĕртмелли плана 184 процент, хаçат-журнал, кĕнеке сармалли тата сутмалли плана 100 процент тултарнă.

Канашри почта турттаракан уйрăм лайăх ĕçленине палăртнă.

## ТРАНСПОРТ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Шупашкар станцийĕн транспортпа экспедици кантурне** памалла тунă (начальникĕ **Андреичев** юлташ, местком председателĕ **Агафонов** юлташ). Çак кантур иккĕмĕш квартал планне чылай ирттерсе тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли плана ирттерсе тултарнă, планран ирттерсе 52.300 тенкĕ тупăш илнĕ.

Атрать станцийĕ тата Улатăр станцийĕн пăравус деповĕ лайăх ĕçленине палăртнă.

## КОММУНАЛЬНĂЙ ХУÇАЛĂХ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Улатăрти ремонтпа строительство кантурне** памалла тунă (начальникĕ **Демин** юлташ, местком председателĕ **Краснова** юлташ). Çак кантур иккĕмĕш кварталти плана 105,3 процент, пурăнмалли çуртсене тĕпрен юсамалли плана 110,9 процент, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 156 процент тултарнă.

Атăл леш енчи электростанци тата Сĕмĕрлери хваттере кĕмелли çурт лайăх ĕçленине палăртнă.

## СУТУ-ИЛÿ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМПЕ СТОЛОВАЙСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне **Чăвашторгăн Улатăрти уйрăмне** памалла тунă (управляющийĕ **Кулагин** юлташ, местком председателĕ **Пряников** юлташ). Ку уйрăм иккĕмĕш кварталти тавар çаврăнăш планне: ваккăн тавар сутас енĕпе—107 процент, столовайсем енĕпе — 118,8 процент тултарнă.

# Комбайн тырпул пухса кӗртес ӗҫӗн ӑнаҫлӑхне татса парать

## Малта пыракан механизаторсен опычӗпе анлӑн усӑ курар

* * *

### МАТВЕЙ ТИХОНОВ КОМБАЙНЕР ҪИТӖНӖВӖ

Чкалов ячӗпе тӑракан колхоз хирӗнче «С-6» маркӑллӑ самоходнӑй комбайн пӗр вӑхӑтсӑр ыраш вырать. Таса тырӑ бункертан михӗ ҫине татти-сыпписӑр пӗр тикӗс юхса анать. Комбайн улӑма та хӑйӗн камеринче купаласа автоматически антарса хӑварать. Тулли михӗсене хавсем ҫине тиесех тӑраҫҫӗ.

— Ку комбайн тӗлӗнмелле хӑватлӑ машина. Мӗнле вӑйлӑ ӗҫлет, чуна савӑнтармалла кӗрлет вӑл,—терӗ тырӑ турттаракан колхозниксенчен пӗри.

— Ахальтен мар ӑна хир карапӗ тет халӑх,—сӑмах хушрӗ тепри.

Тӗрӗс калать колхоз ӗҫченӗ. Комбайн—социализмла ялхуҫалӑхӗнчи чи хӑватлӑ та сложнӑй машинӑсенчен пӗри. Вӑл тырра вырса ҫапать, тасатать... Кунне норма тӑрӑх 8 гектар пухса кӗртсен те, вӑл сахалтан та 130 ҫын тата чылай лаша ӗҫне тӑвать. Хӗрў ӗҫ вӑхӑтӗнче ку ӗнтӗ питех те хаклӑ.

Колхозра ӗҫлекен хир карапне Матвей Тихонов механизатор ертсе пырать. Вӑл питӗ ӗҫчен ҫын, ӗҫе яланах типтерлӗ тума юратать. Кун ҫинчен МТС руководителӗсемпе механизаторсем кӑна мар, колхозниксем те час-часах калаҫаҫҫӗ. Тихонов юлташ МТС-ра токарь пулса ӗҫленӗ, кӑҫал вара пӗрремӗш ҫул комбайн ҫине ларнӑ.

«Юрататӑп хамӑн ӗҫе, юратса тунӑ ӗҫ вара ӑнса пулать»,—тесе каланине Матвей Тихоновичран час-часах илтме пулать. Ҫав сӑмахсене унӑн пархатарлӑ ӗҫӗсем ҫирӗплетеҫҫӗ. Малтанхи кун, июлӗн 25-мӗшӗнче, комбайнпа 10 гектар ыраш вырса нормӑна ирттерсе тултарнӑ. Тӑваттӑмӗш кунне 13 гектар вырнӑ, июлӗн 30-мӗшӗнче вара 19 гектар ҫинчи тырра вырса пуҫтарнӑ.

Матвей Тихонович тырӑ вырма тухиччен комбайна ӗҫе лайӑх хатӗрленӗ. Вырмалли участоксене пӑхса тухнӑ. Вара вӑл участоксенче мӗнле ӗҫлесен лайӑхрах пулнине шута илсе план тунӑ.

Комбайн патӗнче ӗҫлеме колхоз 12 ҫын уйӑрнӑ. Вӗсенчен пӗрисем бункерти тырра михӗсене тултарса тӑраҫҫӗ, комбайн камеринчи улӑма пӗр тикӗс купаласа пыраҫҫӗ, теприсем — вырса ҫапнӑ тырра колхоз амбарӗсем патне леҫсе тӑраҫҫӗ, комбайн патне шыв тата сунтармалли япаласем турттарса параҫҫӗ.

Тихонов юлташ агрегат патӗнче ӗҫлеме уйӑрнӑ колхозниксене пухса вӗсен обязанноҫӗсемпе тӗплӗн паллаштарнӑ. Халӗ ӗнтӗ вӗсем мӗнле ӗҫленине тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑрать, ӗҫре куллен пулӑшать. Бригадӑра дисциплина ҫирӗп, пурте чунтан тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ.

Комбайнер ирхине пуҫласа мӗн тӗттӗм пуличченех ӗҫлет. Сывлӑм ўкмен чухне, ҫӗрле те ӗҫленӗ.

Комбайнер штурвала яланах хӑй тытса пырать. Ӑна вӑл никама та шанса памасть. Комбайнер помощникӗ Анатолий Белов вырнӑ вӑхӑтра машинӑн тӗрлӗрен пайӗсем мӗнле ӗҫленине тӑтӑшах сӑнать, вӗсене ҫу сӗрмелле пулсан ҫийӗнчех сӗрет, пушаннӑ пайӗсене хытарать. Комбайна ӗҫ вӑхӑтӗнче тӗрӗслесе, кирлӗ пулсан, юсаса пыни нумайрах ӗҫ тума пулӑшать.

Вуникӗ кун хушшинче унпа Чкалов ячӗпе, Куйбышев ячӗпе тӑракан колхозсен хирӗсенче 163 гектар тырӑ вырса пухнӑ.

Колхозсен уй-хирӗсенче комбайн хыҫҫӑн юлакан улӑма та типтерлӗ пухса пынӑ. Ӑна И. Федоров тракторист трактортан кӑкарнӑ волокушӑпа пухнӑ.

МТС-ри механизаторсен пухӑвӗнче Тихонов юлташ кӑҫал 350 гектар ҫинчи тырра вырса пухма сӑмах панӑ, районти паллӑ Л. Бородов-комбайнерпа социализмла ӑмӑртӑва тухнӑ. Вӗсем пӗр-пӗрин опычӗпе паллашаҫҫӗ, кашни мала тухассишӗн кӗрешеҫҫӗ. Бородов юлташ Пушкин ячӗпе тата Каганович ячӗпе тӑракан колхозсенче паха тӗслӗхсем кӑтартса ӗҫлет. Вӑл ку таранччен 168 гектар тырӑ вырса пухнӑ.

МТС-ри пуҫламӑш парторганизаци малта пыракан комбайнерсен паха опычӗне ытти механизаторсем хушшинче сарма тӑрӑшать, вӗсене ҫитӗнў хыҫҫӑн ҫитӗнў тума пулӑшать.

М. ОСИПОВ.

Шупашкар районӗ.

### Нормӑна тултарса ӗҫлетӗп

Кӑҫалхипе 15 сезон ӗнтӗ комбайнпа тырӑ выратӑп. Сезонти задание ҫулленех ирттерсе тултарса пынӑ. Кӑҫал «Коммунар» комбайнпа 250 гектар тырӑ вырса ҫапма обязательство илтӗм.

Кашни ҫул тенӗ пекех эпӗ «Победа», «Волга», «Большевик» колхозсен хирӗсенче ӗҫлетӗп. Кӑҫалхи пек вӑйлӑ тырпул пулса ҫитӗннине курманччӗ. «Победа» колхозра 40 гектар ҫинче кашни гектартан 20-шер центнер ытла ыраш тухрӗ. Ытти вырӑнсенче те кунтан каях тухмасть. «Большевик» колхозӑн хирӗнче сӗлӗ вӑйлӑ пулнӑ.

Ыраш вырма июлӗн 30-мӗшӗнче тытӑнса, малтанхи кунне 8 гектар, 2-мӗш кунне 9 гектар выртӑм. Ӗҫ тухӑҫлӑхне часах 13 гектара ҫити ўстертӗм. Анчах тунӑ ҫитӗнӗве ҫирӗплетме тата ӗҫ тухӑҫлӑхне малалла та ўстерсе пыма хӑшпӗр ҫитменлӗхсем чӑрмантаркаларӗҫ. «Победа» колхозра комбайн вырса ҫапнӑ тырра турттарма ултӑ лав кӑна уйӑрнӑ. Тырӑ нумай тухнӑ пирки вӗсем турттарса ӗлкӗреймерӗҫ. Кунта сахалтан та 10 лав кирлӗ пулнӑ. Ҫакна пула комбайна 11 хутчен чарса бункерти тырра пушатма тиврӗ.

«Волга» колхозра комбайн валли вак участоксем уйӑрса панӑ. Пӗр вырӑнтан тепӗр вырӑна куҫса ҫўресе нумай вӑхӑт сая кайрӗ.

Ыраш хӑмӑлӗ вӑйлӑ тата ўкнӗ пирки, 1-мӗш хӑвӑртлӑхпа ӗҫлемелле пулчӗ. Суртыррисем вырнӑ чухне 2-мӗш хӑвӑртлӑхпа ӗҫлеме май пур. Анчах кунта трактор чӑрмантарма пултарать, вӑл 2-мӗш хӑвӑртлӑхпа ӗҫлеймест.

Хӑшпӗр комбайнерсем ыраш улӑмӗ барабана явӑннипе аптӑратпӑр теҫҫӗ. Манӑн нихҫан та ун пек пулмасть. Тырӑ улӑмӗ ан явӑнтӑр тесе, эпӗ мӗн кирлине малтанах хатӗрлесе хунӑ. Вырма пуҫличчен барабан штифтисене улӑштарса ҫӗнӗрен лартнӑ. Эпӗ вӗсене икӗ ҫулта пӗрре улӑштарса тӑратӑп. Кунсӑр пуҫне тырӑ ҫапнӑ хыҫҫӑн улӑм турткан механизмсен оборотне пысӑклатнӑ. Ҫапла тунипе улӑм барабана явӑнма ӗлкӗреймест. Улӑм туртса кӑларакан механизмсен ӗҫне хӑвӑртлатма главнӑй битер ҫинчи 16-мӗш номерлӗ шестерняна 22-мӗш номерлипе улӑштарнӑ.

Яланах тулли хедерпа хӑмӑла кӗске хӑварса выртаратӑп. Тырӑ тӑкаланасран транспортер айне зерноуловитель вырнаҫтарнӑ.

Пирӗн комбайн енчен чӑрмав ҫук. Иртнӗ ҫулта эпӗ сменӑра 18 гектар таран тырӑ вырса ҫапнӑ. МТС лайӑхрах трактор парсан, колхоз ӗҫченӗсемпе туслӑн ӗҫлесе, кӑҫал та кашни сменӑра 18-шар гектар тырӑ выратӑп.

И. КАРПОВ,

Красноармейски МТС комбайнерӗ.

---

Комбайнер юлташсем! Тырпул пухса кӗртес ӗҫре эсир тӗп вырӑн йышӑнса тӑратӑр. Тырпула тӑкаламасӑр пухса кӗртесси, государствӑна тырӑ памалли плана чыслӑн тултарасси, улӑма пуҫтарасси чи малтан сирӗнтен килет.

Республикӑри комбайнерсенчен нумайӑшӗ хӑйсен тивӗҫне чыслӑн пурнӑҫласа пыраҫҫӗ. Акӑ, Етӗрне МТС-ӗнчи комбайнер Широнов юлташ «С-6» комбайнпа 240 гектар тырӑ вырнӑ. Вӑл кашни кунах 25 гектара ҫити тырпул вырса пухать. Урӑхла каласан, вӑл нормӑна 200 процент ытла тултарать. Ӗҫ нормине ирттерсе тултаракан, тырпул пухса кӗртес ӗҫре малта пыракан комбайнерсем татах та пур. Ҫакӑ вӑл пирӗн хаҫатра пичетленекен малта пыракан комбайнерсен спискӗнчен тата механизаторсен статйисенчен лайӑх курӑнать.

Ҫапах та ҫакна палас пулать: машина-трактор станцийӗсенче нумайӑшӗнче комбайнсемпе япӑх ӗҫлеҫҫӗ-ха. Ҫавна пула тырпул пухса кӗртес ӗҫ вӑраха тӑсӑлчӗ тата хӑшпӗр районсенче комбайнсемпе тырпул пухса кӗртмелли план пурнӑҫланмасӑр юлас хӑрушлӑх тухса тӑчӗ. Комсомольски районӗнче, сӑмахран, комбайнпа тырпул вырса пухмалли плана 12,4 процент кӑна тултарнӑ. Первомайски, Канаш, Сӗнтӗрвӑрри тата ытти хӑшпӗр районсенче те комбайнсемпе питӗ ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ.

Комбайнер юлташсем! Вырӑнта, колхозсенче, бригадӑсенче, комбайн агрегачӗсенче комбайнсене йӗркеллӗ ӗҫлеттерме чӑрмантаракан сӑлтавсене тӗплӗн тишкерсе тухӑр, ҫитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтерме мерӑсем йышӑнӑр.

Комбайнсемпе ӗҫлессине тивӗҫлипе хакламанни, вӗсене тухӑҫлӑ ӗҫлеме условисем туса паманни тырпул нумай тӑкӑнасси патне илсе пырать. Тырӑ—Тӑван ҫӗршывӑн, пӗтӗм халӑхӑн пуянлӑхӗ. Уй-хирти тырпула пирӗн пӗр грамм тӑкса хӑвармасӑр пухса кӗртмелле.

Республикӑри комбайнерсем кӑҫал пысӑк обязательствӑсем илчӗҫ. Анчах халӗ социализмла ӑмӑрту итогӗсене пӗтӗҫтересси ҫине тивӗҫлипе пӑхманни пысӑк ҫитменлӗх пулса тӑрать. Парти организацийӗсем мӗнпур механизаторсем хушшинче социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатса пыма тивӗҫлӗ.

Массӑлла-политикӑлла ӗҫ хуҫалӑхра ҫӗнӗ ҫитӗнўсем тума май парать. Ҫакна асра тытса, парторганизацисен механизаторсем хушшинчи политикӑлла ӗҫе куллен витӗмлӗн туса пырас пулать.

Механизаторсем! Тӑван ҫӗршыв умӗнчи хӑвӑрӑн тивӗҫе чыслӑн пурнӑҫласа пырӑр, социализмла Тӑван ҫӗршыва ҫӗнӗ ҫитӗнўсем тунипе савӑнтарӑр. Ӑнса пулнӑ тырпула вӑхӑтра, пӗр тӑкаламасӑр пухса кӗртӗр!

### Комбайнерсен ӑмӑртӑвӗ

#### Тырпул пухса кӗртес ӗҫре малта пыракансем

(августӑн 10-мӗшӗ тӗлне)

| Йышӑннӑ вырӑн | Комбайнерсен хушамачӗсем | МТС-сем | Тырпул пухса кӗртнӗ (гектарпа): пӗтӗмпе | чи тухӑҫлӑ ӗҫленӗ кун |
|---|---|---|---|---|
| | «С-6» комбайнпа ӗҫлекенсем | | | |
| 1. | М. Широнов | Етӗрне | 240 | 25 |
| 2. | Н. Горшков | Сурмайдан | 240 | 30 |
| 3. | М. Куклев | — » — | 240 | 30 |
| 4. | В. Косарев | — » — | 220 | 25 |
| 5. | А. Ванюхин | — » — | 220 | 25 |
| 6. | И. Сатушкин | — » — | 200 | 25 |
| 7. | Горбунов | Етӗрне | 200 | 15 |
| 8. | Н. Костин | Улатӑр | 200 | 15 |
| | «С-4» комбайнпа ӗҫлекенсем | | | |
| 1. | В. Петров | Ҫӗрпў | 191 | 15 |
| 2. | Г. Александров | Куславкка | 185 | 18 |
| 3. | А. Иванов | — » — | 182 | 18 |
| 4. | В. Кудряшов | Хӗрлӗ Чутай | 180 | 18 |
| 5. | М. Петров | Элӗк | 178 | 17 |
| 6. | Б. Конычкин | Ҫӗрпў | 176 | 15 |
| 7. | И. Павлов | Элӗк | 175 | 17 |
| 8. | С. Ермолаев | Шӑхасан | 173 | 25 |
| 9. | М. Бородов | Шупашкар | 168 | 16 |
| 10. | М. Иванов | Йӗпреҫ | 165 | 18 |
| 11. | М. Матвеев | Вӑрмар | 165 | 15 |
| | «Коммунар» комбайнпа ӗҫлекенсем | | | |
| 1. | А. Хураськин | Йӗпреҫ | 155 | 12 |
| 2. | Г. Тюкин | Ҫӗмӗрле | 150 | — |
| 3. | И. Ярутkин | Ишлей | 140 | — |

### Молотилка машинисчӗсен ӑмӑртӑвӗ

#### Авӑн ҫапас ӗҫре малта пыракансем

(августӑн 10-мӗшӗ тӗлне)

| Йышӑннӑ вырӑн | Машинистсен хушамачӗсем | МТС-сем | Молотилка марки | Тырӑ ҫапнӑ (тоннӑпа) |
|---|---|---|---|---|
| 1. | А. Игнатьев | Элӗк | МС-1100 | 205 |
| 2. | В. Наташкин | Чкаловски | МК-1100 | 180 |
| 3. | В. Тарасов | Етӗрне | МС-1100 | 160 |

* * *

### „КОММУНАР" КОМБАЙНПА ЭПИР МӖНЛЕ ӖҪЛЕТПӖР

МТС-ра эпӗ учетчик та, тракторист та пулнӑ. Канашри механизаци шкулӗнчен вӗренсе тухнӑранпа выльӑх-чӗрлӗх фермисенчи ӗҫсене механизацилес енӗпе механик пулса ӗҫлетӗп. Ҫав вӑхӑтрах кашни ҫулах комбайнпа тырӑ выратӑп.

Кӑҫал колхозсен анлӑ уй-хирӗсенче тырӑ питӗ ӑнса пулчӗ. Хире тухсан кашни хӗпӗртесе савӑнать, хавхаланать. Пирӗн ӗҫ результачӗ вӗт ку!

Эпӗ иккӗмӗш группӑри ӗҫ инвалидӗ. Мана никам та комбайнпа ӗҫлеме хистемест. Апла пулин те, манӑн хӗрў ӗҫ вӑхӑтӗнче ахаль ларас килмест. Кӑҫал та, акӑ, июлӗн 20-мӗшӗнчен пуҫласа отпуск илнӗччӗ. Анчах, Тӑван ҫӗршыв умӗнчи тивӗҫе лайӑх туйса, эпӗ комбайнпа тырӑ вырма хамах килӗшрӗм. Килӗшрӗм те темелле мар, комбайнпа ӗҫлеме хама ирӗк пама ыйтрӑм, юлса пыракан колхозсене ярӑр, терӗм.

МТС-ри комбайнерсем хушшинче виҫҫӗмӗш ҫул ӗнтӗ эпӗ малти вырӑнта пыратӑп. Виҫӗмҫул 108 гектар, пӗлтӗр 230 гектар вырса пухнӑччӗ. Малтанхи вӑхӑтра манӑн опыт пулман. Халӗ комбайнпа тырпул вырса пухас ӗҫре эпӗ чылай опыт пухрӑм. Хамӑрӑн майсене шута илсе, эпӗ кӑҫал «Коммунар» комбайнпа 300 гектартан кая мар тырӑ вырма сӑмах патӑм. Ку обязательствӑна пурнӑҫлатпӑрах. Паянхи куна илсен, эпир хамӑр комбайнпа 140 гектар тырӑ выртӑмӑр.

— Сирӗн ӗҫ ӑнӑҫлӑхӗ мӗнрен килет?—тесе ыйтаҫҫӗ манран час-часах.

Чи малтанах ҫапла каламалла: ӗҫе юратас пулать, комбайна лайӑх пӗлес пулать. Комбайна лайӑх юсаса хатӗрлемесен, ӑнӑҫлӑх пуласси ҫинчен сӑмах та пулма пултараймасть. Комбайн агрегачӗн коллективӗ ӗҫре туслӑ пулни питӗ пысӑк вырӑн йышӑнать. Пирӗн коллектив ҫавӑн пек ӗҫлет те ӗнтӗ. Комбайнер помощникӗ коммунист А. Скворцов юлташ хӑйӗн ӗҫне лайӑх пӗлет, комбайнпа тырӑ вырмалли ӑсталӑха кирлӗ пек вӗренсе ҫитнӗ. В. Мижеев тракторист хӑйӗн машинине лайӑх илсе ҫўретет, тырӑ сайрарах вырӑнта хӑвӑртрах каять, тырӑ ҫӑрарах вырӑн пуҫлансан, хӑвӑртлӑха чакарать. Трактора комбайн ӗҫленине кура асӑрхаса тытса пыни ӗҫ тухӑҫлӑхне чылай ўстерме пулӑшать.

Эпир хамӑра уйӑрса панӑ комбайна тырпул вырма лайӑх юсаса хатӗрлерӗмӗр. Унсӑр пуҫне, комбайна чылай лайӑхлатрӑмӑр.

Акӑ, тасатмалли алана илер. Пӗр культура вырнӑ хыҫҫӑн теприне вырас пулсан, ҫав алана улӑштарма тивет. Ҫапла тума вара вӑхӑт нумай кирлӗ. Тырпул вырса пухнӑ чухне кашни сехет, кашни минут питӗ хаклӑ. Ала тасатнӑ чухне вӑхӑт сая ан кайтӑр тесе, алана 20 сантиметр тӑршшӗ тӑсрӑмӑр. Ҫапла туни алана улӑштармасӑрах пур культурӑсене вырма, вӑхӑт перекетлеме, комбайнӑн ӗҫ тухӑҫлӑхне ўстерме май пачӗ.

Тырӑ вырнӑ чухне пиккерсем ҫумне улӑм явӑнса пухӑнни питӗ кансӗрлет, ӑна тасатма комбайна чарма тивет, вара вӑхӑт та нумай сая каять. Ҫак чӑрмава сирес тесе, пиккерсем вырӑнне пӗчӗк транспортер лартрӑмӑр. Ҫапла туни те мана ӗҫ тухӑҫлӑхне ўстерме пулӑшрӗ.

«Коммунар» комбайн ҫинче сӑнчӑр йӗркеллӗ ӗҫлеменни те пысӑк чӑрмав кўрет, вӑл час-часах тухса ўкет. Ҫапла ан пултӑр тесе, сӑнчӑра тытса тӑма тӑватӑ ролик вырнаҫтарса лартрӑмӑр. Халӗ сӑнчӑр нихҫан та тухса ўкмест, ӑна тепӗр хут вырнаҫтарса лартма вӑхӑт сая ярассинчен эпир ӗнтӗ хӑрамастпӑр. Сӑнчӑр питӗ йӗркеллӗ ӗҫлет.

Хӑшпӗр комбайнерсем тырӑ типиччен вырма тӑхтаса тӑраҫҫӗ. Вара ӗҫлес комбайн тырӑ типиччен ахаль ларать. Эпир пысӑк транспортера хытармалли вал ҫине ҫӗҫӗ лартрӑмӑр. Ҫакӑ вӑл тырӑ нўрӗ пулсан та вырма май парать.

Халӗ «Коммунар» комбайн ҫинче полотносене ҫавӑрмалли валсенче йывӑҫ подшипниксем лартнӑ. Вӗсене кашни икӗ сехетре ҫу сӗрме тивет. Эпир ҫав йывӑҫ подшипниксем вырӑнне шариклӗ подшипниксем лартрӑмӑр. Вӗсене час-часах сӗрсе вӑхӑта сая ярас хуйхӑ-суйхӑ ҫук ӗнтӗ. Эпир халӗ подшипниксене пӗрре сӗрнипех 80—90 гектар вырма пултаратпӑр.

Ҫапла вара, хамӑра ҫирӗплетсе панӑ комбайнӑн пайӗсене ҫӗнӗлле йӗркелесе лайӑхлатрӑмӑр. Ҫав улшӑнусем ӗҫ тухӑҫлӑхне нумай ўстерме май пачӗҫ. «Коммунар» комбайнпа норма тӑрӑх 8 гектар вырмалла пулсан, 18—19 гектар выратпӑр.

Кун суттипе туллин усӑ курма тӑрӑшатпӑр. Ӗҫе ирхине ҫичӗ сехетре тытӑнатпӑр та мӗн тӗттӗмлениччен пуличченех ӗҫлетпӗр. Кӑшт тӗттӗмленме пуҫласан ӗҫлеме комбайн ҫине электролампочкӑсем вырнаҫтарса лартнӑ.

Эпир колхоз правленийӗсемпе тачӑ ҫыхӑнса ӗҫлетпӗр. Вӗсем пире вырмалли участоксем тата тырӑ турттарма ҫынсемпе транспорт хатӗрӗсем вӑхӑтра уйӑрса параҫҫӗ. Бункерти тырра пушатма комбайна чарса вӑхӑта ахаль ирттерместпӗр, тырра комбайн ӗҫленӗ хушӑрах пушататпӑр.

Комбайн хыҫне волокуша кӑкаратпӑр. Ҫакӑ вӑл улӑма пысӑкрах купасемпе пӑрахса хӑварма май парать, колхозниксен ӗҫне ҫӑмӑллатать.

Социализмла Тӑван ҫӗршыв ырлӑхӗшӗн ӗҫленӗсемӗн ӗҫлес килет. Ҫак кунсенче СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ пулса иртрӗ. Партипе правительство халӑх ырлӑхӗшӗн, совет ҫыннисен пурнӑҫӗпе культурине лайӑхлатассишӗн мӗнле тимлӗн тӑрӑшнине эпир лайӑх куратпӑр. Сесси решенийӗсемпе хавхаланса, эпир малашне тата та лайӑхрах ӗҫлеме тӑрӑшатпӑр.

И. ЯРУТКИН,

Ишлей МТС-ӗнчи комбайнер.

### Ӑмӑрту вӑйлансах пырать

МУРКАШ. Районти колхозсем тырпул пухса кӗртес тата государствӑна тырӑ парас ӗҫсене хӑвӑртлатнӑҫемӗн хӑвӑртлатса пыраҫҫӗ. Тырпула кӗске срокра тата пӗр тӑкаламасӑр пухса кӗртес ӗҫре «Правда», «Знамя коммунизма», Ульянов ячӗпе тӑракан, «Динамо» тата Маленков ячӗпе тӑракан ялхуҫалӑх артель членӗсем малта пыраҫҫӗ. Вӗсем ыраш вырса пӗтерчӗҫ. Халӗ колхозсенче суртырри вырма тытӑннӑ.

Государствӑна тырӑ парас тӗлӗшпе уйрӑмах пӗр-пӗрипе ӑмӑртакан Сталин ячӗпе тӑракан, «Красное Сормово» тата Энгельс ячӗпе тӑракан колхозсем ӑнӑҫлӑ ӗҫлеҫҫӗ. Сталин ячӗпе тӑракан ялхуҫалӑх артелӗ кунсеренех Шупашкарти хатӗрлев пунктне тӑватӑ автомашинӑпа 150-шар центнер тырӑ леҫсе парать. М. Григорьев коммунистпа В. Данилов шоферсем кунсерен виҫшер рейс тӑваҫҫӗ. Колхоз ҫывӑх кунсенчех государствӑна тырӑ памалли плана тултарать.

П. ПАВЛОВ.

---

# Малти ретре

Комбайнер Михаил Артемьев ӗҫлекен «Победа» колхоза кайнӑ чухне Ҫӗрпў МТС директорӗн политика енӗпе ӗҫлекен заместителӗ Семенов юлташ ҫак ӑста механизатор хӑйӗн ӗҫне лайӑх пӗлни ҫинчен каласа кӑтартрӗ.

— Хамӑр ҫынсене лайӑх пӗлмесен, хӑш чухне эпир йӑнӑшма та пултаратпӑр,—терӗ вӑл, кӑштах шутласа пынӑ хыҫҫӑн.

— Кӑна кам пирки калатӑр?

— Артемьев пирки,—терӗ вӑл малалла тинкерсе.—Вӑл хальхи пек комбайнер пуласине виҫӗ ҫул каярах пиртен хӑшпӗрисем ӗненменччӗ те.

— Мӗншӗн?

— Мӗнле калас сире,—тарӑнӑн сывласа илчӗ замполит.—Унӑн икӗ урине те айӑп пур. Ҫавӑнпа та вӑл комбайн ҫинче ӗҫлеме пултарӗ-ши, тесе иккӗленнӗччӗ.

— Халӗ мӗнле?

— Халӗ, куратӑр, Артемьев юлташ малта пыракан комбайнерсенчен пӗри. Вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑнах, 1951 ҫулта вӑл [illegible] 343 гектар, 1952 ҫулта 361 гектар ҫинчи тырпула тата нумай ҫулхи курӑк вӑррисене пухса пачӗ. Кӑҫал акӑ, пасӑрах каларӑм, 500 гектар ҫинчи тырра пухса кӗртме обязательство йышӑнчӗ. Хӑйӑн пекех маттур комбайнерпа Портнов юлташпа ӑмӑртать.

Пысӑк тухӑҫпа ӗҫлекен механизаторсем ҫинчен сӑмах хускатсан, яланхи пекех, чи малтан вӗсем техникӑна юратни, ӑна тӑрӑшса пӑхни ҫинчен калани илтетпӗр.

Ку тӗрӗс те. Кучухнехи хӑватлӑ техникӑна юратнипе Артемьев юлташ, хӑйӗн пирки сынсем иккӗленнине сирсе, квалификациллӗ комбайнер пулса тӑнӑ. Анчах ку та пӗтӗмпех мар. Коммунистсен партийӗ воспитани панӑ механизаторсен пуринчен малтан хӑйсен ӗҫне пӗтӗм коллектив тата государство интересӗпе ҫыхӑнтарнине, коммунизм строительстви ӗҫне чун-чӗререн парӑннипе палӑрса тӑраҫҫӗ. Ҫак туйӑм вӗсене ҫӗнӗрен ҫӗннине тупма, кирек мӗнле йывӑрлӑхсене ҫӗнтерме пулӑшать.

Ҫулӗ хӑмӑллӑ ҫӑра ыраш. Ситтеннине, вӑйлӑ ҫумӑрсем хыҫҫӑн, лаппи-лаппипе выртнӑ. Пысӑк хӑвӑртлӑхпа вырма ҫук, капланса кӗрекен хӑмӑла хедер ҫӑтса ӗлкӗреймест. Хедер хыҫӗнче ларса пыракан ҫамрӑк колхозник алӑнчи патакпа хӑмӑла шалалла саврӑнса кӗме пулӑшать. Ҫӑра та вӑйлӑ ыраша вырнӑ чухне ҫамрӑк ҫын пӗччен ӗлкӗреймест. Анчах вырмалла, нумайрах вырмалла. Колхозниксем вӗтеҫҫӗ, ыраш тӑкӑнма пуҫласан вӗсем комбайн ҫине тата хытӑрах тилмӗрсе пӑхма пуҫларӗҫ.

Артемьев юлташ сӗннипе, хӑмӑла хедер ӑшне кӗртме пулӑшма икӗ ҫамрӑка лартнӑ. Пучахлӑ хӑмӑл ҫӗклемӗсене хедер ҫӑтма ҫеҫ ӗлкӗртӗр, молотилка пайӗ пучахри тырра шӗкӗлчеме ӗлкӗретех. Кў тупсӑмра ҫӗнни нимех те ҫук темелле, анчах вӑл комбайнпа улшӑнми тухӑҫпа ӗҫлеме нумай пулӑшнӑ. Ҫӑра ыраш тӗлӗнче те машина малалла хӑвӑртлӑха чакармасӑр вырса пырать.

Кунсем ытла та шӑрӑх тӑраҫҫӗ, кӑнтӑрла сывлӑса сывлӑш тухмасть пек туйӑнать. Ку та нимех те марччӗ—шӑрӑх ҫанталӑка комбайнер сахал мар тўссе курнӑ, мотор хӗрнине нимӗнпе те чарма ҫук-мӗн.

— Ҫӗрле, сулхӑнра нумайтарах вырас,—йышӑннӑ Артемьев юлташ.

«Дружба», унтан «Победа» колхозсен ыраш пуссисенче, ҫумӑрсӑр каҫсем пулсан, ҫӗр каҫиччеnех фара ҫути сўнмерӗ, мотор сасси лӑпланмарӗ. Ирхине, ыраш пучахӗсем ҫинче сывлӑм тумламӗсем йӑлтӑртатма пуҫласан ҫеҫ, Артемьев юлташ комбайна чарать те, ӑна хӑйӗн ӗҫчен помощникӗпе Никитин юлташпа пӗрле пӑхса тӗрӗслеме, кӑнтӑрлахи ӗҫ валли хатӗрлеме тытӑнать.

Сывлӑм типсе те ҫитеймен-ха, комбайн каллех ӗҫре. Артемьев юлташ, комбайн мӗнле ӗҫленине тепӗр хут тӗрӗслет те, сывлӑш ҫавӑрса илме, улӑм купи ҫумне таянать.

Артемьев юлташ ҫамрӑк-ха, 23 ҫулта ҫеҫ пырать, анчах ачаран ӗҫе хӑнӑхса ўснӗскер, комсомолец, пурнӑҫ ҫине те тӗплӗн шутласа пӑхма вӗреннӗ. Хӑйӗн юлташӗ техникӑна юратать, ӗҫре чӑтӑмлӑ пулсан, вӑл ӑна хӑйӗн мӗнпур пӗлӗвне пама хатӗр. Ахальтен мар, Артемьев юлташпа пӗрле ӗҫлеме тытӑннӑ ҫамрӑксем унран нихӑҫан те уйӑрласшӑн мар.

Николай Никитин иртнӗ ҫулта МТС-ра тракторситсен курсӗнчен вӗренсе тухнӑ, анчах хӑйне трактор ҫине мар, Артемьев юлташӑн помощникӗ пулма яма ыйтнӑ. Вӑл иртнӗ ҫулта лайӑх ӗҫленипе тата техникӑна юратнипе курса, ӑна МТС дирекцийӗ комбайнерсен курсне кайма сӗннӗ.

— Артемьев юлташпа пӗрле тепӗр сезон ӗҫлеме ирӗк парӑр,—ыйтнӑ вӑл.—Ун патӗнче ӗҫлесе нумайрах опыт пухни мана ҫитес ҫул курсра лайӑхрах вӗренме пулӑшӗ. Ун пек работник патӗнче вӗренме пулатех.

Никитин юлташ комбайнпа вырнине пирвайхи хут сӑнакан ҫын: ку комбайн шанчӑклӑ механизатор аллинче, тесе шутлама пултарать. Кирлӗ ҫӗрте вӑл хӑвӑртлӑха пысӑк ӑсталӑхпа улӑштарать, ҫӑра ыраша ансӑртарах, сайрине анлӑрах кастарма пӗлет.

— А тен вӑл халӗ тепӗр комбайнпа хӑй тӗллӗнех ӗҫлеме пултарать пулӗ?

— Ҫук-ха, иртерех,—терӗ пире каярахпа Артемьев юлташ.—Комбайна тӗрӗс тытса пыма ҫеҫ пӗлни ҫителӗксӗр. Унӑн кашни пайне лайӑх пӗлекен, кирлӗ вӑхӑтра ӑна тӗрӗс юсама пултаракан механик пулни ытларах кирлӗ.

Кунпа Никитин юлташ хӑй те килӗшет, унӑн вӗренес пулать, ҫитес кӗркунне вӑл механизаторсен шкулне каять.

Артемьев юлташ хӑйӗн помощникӗпе пӗрле колхозсен тырпулне часрах пухса кӗртме мӗнпур вӑйӗпе тӑрӑшаҫҫӗ пулсан, колхозниксем те вӗсене хисеплеҫҫӗ, комбайн патӗнче ӗҫлеме пысӑк тараватпа каяҫҫӗ. Хӗрў ӗҫре вӗсен хушшинчи туслӑх ҫирӗпленет.

«Победа» колхозӑн 1-мӗш уй-хир бригадин ыраш пуссине Мочалов бригадир пычӗ. Вӑл комбайн мӗнле вырнине тата ун патне уйӑрса янӑ колхозниксем мӗнле ӗҫленине тӗрӗслерӗ.

Мочалов юлташ—комсомол пуҫламӑш организацийӗн секретарӗ. Комбайн патӗнче ӗҫлеме тата бункерти тырра турттарса тӑма вӑл пӗтӗмпех комсомолецсемпе союзра тӑман ҫамрӑксене уйӑрса янӑ.

Капланакан хӑмӑла хедер ӑшне кӗртме пулӑшаканни—комсомолец Иван Пичурков. Комбайн патӗнче вӑл пирвайхи ҫул ӗҫлет. Унӑн ӗҫӗ те ҫӑмӑл мар,—тусанӑ, хылчӑкӗ тўрех ун ҫине вӗҫет. Анчах чӑтӑмлӑ комсомолец комбайна тенӗн пекех юратса кайнӑ-мӗн, талӑкӗпе пӗр улшӑнмасӑр ӗҫлесен те, хӑй ывӑнни ҫинчен шарламасть.

— Пирӗн Иван комбайнер пуласшӑн,—терӗҫ комбайн ҫапнӑ ыраш улӑмне пухса пӑрахса пыракан комсомолкӑсем Елена Ивановӑпа Алиса Лукина.

— Ун пек ҫирӗп комсомолецӑн комбайнер пулмалла та,—терӗ Никитин юлташ, ҫамрӑк ҫине ӑшшӑн пӑхса.—Акӑ, ҫитес кӗркунне механизаторсен шкулне иксӗмӗр пӗрле кайӑпӑр.

Лайӑх ҫанталӑкра калаҫса тӑма вӑхӑт ҫук, кашни минут хаклӑ. Пурте харпӑр хӑй вырӑнне тӑчӗҫ, комбайн, вӑрӑммӑн сигнал парса, малалла хускалса кайрӗ.

Артемьев юлташпа комбайн патӗнче тӗл пулма май килмерӗ.

— Вӑл хулана васкаса кайрӗ, анчах часах таврӑнать пулмалла,—пӗлтерчӗ уй-хир бригадирӗ.—Артемьев юлташ комбайн патӗнчен темиҫе сехетлӗхе пӑрӑннине халиччен курман-ха.

Ҫӗрле, комбайнпа вырса пынӑ чухне, унӑн куҫне хылчӑк кӗнӗ. Ҫӗр каҫиччен асапланнӑ вӑл, анчах комбайна чарман, помощникне чӗнтерсе кийме те шутламан. Ирхине комбайна пӑхса тӗрӗсленӗ, унтан Никитин юлташа ӗҫлеме хушса хӑварнӑ та, ялти медицина пунктне кайнӑ. Инкеке пула, сестра та куҫри хылчӑка кӑларайман, ӑна вара часрах Ҫӗрпўри поликлиникӑна кайма сӗннӗ.

Ҫула май вӑл МТС-а ҫӗнӗ хыпарсем пӗлме кӗрсе тухрӗ.

— Тӗлӗнсе каймалла,—кайӗпен кулса илчӗ Артемьев юлташ.—Вӑл хылчӑк пирки ҫӗрӗпе асаплантӑм, сестра тупса кӑлараймарӗ, ҫул ҫинче велосипедпа килнӗ чухне хӑех тасата хӑямата кайса ҫухалчӗ. Ахаллех ҫул тума тиврӗ.

МТС-ра вӑл хӑйӗншӗн хаваслах мар хыпар илтрӗ. Августӑн 5-мӗшӗ тӗлне Конычкинпа Петров комбайнерсем, кашни 145—150-шар гектар ыраш вырса, пирвайхи вырӑнсене йышӑннӑ.

Артемьев юлташпа ӑмӑртакан Портнов комбайнер, хӑйӗн тусӗнчен пӗр гектар ҫеҫ нумайрах вырнӑ пулин те, виҫҫӗмӗш вырӑнта тӑрать. Артемьев юлташӑн 126 гектар ҫеҫ. Пысӑк обязательство йышӑннӑ комсомолеца 4-мӗш вырӑна юлни, ҫапла тесен те, килӗшмест ӗнтӗ.

— Хам айӑплӑ,—терӗ Артемьев юлташ, куҫ харшийӗсене пусарса.—Сумӑрлӑ каҫхине сыхланма пӗлеймерӗм, мотор ӑшне шыв кайрӗ. Ӑна сўтсе тасатнӑ вӑхӑтра ыттисем манран 7—8-шар гектар иртсе кайма ӗлкӗрнӗ. Ну, мӗнех вара, эпир те вӗсене хуса ҫитме тӑрӑшӑпӑр.

Вунӑ кун хушшинче кунсерен вӑтам шутпа 13 гектара яхӑн ыраш вырса ҫапса панине хурлама ҫук. Артемьев комбайнер тухӑҫлӑ ӗҫлени, ӗҫе тӗрӗс организацилени «Дружба» тата «Победа» колхозсене государствӑна тырӑ памалли графика ирттерсе тултарма, кунпа пӗрлех вӑрлӑх фондне ҫителӗклӗ хывма май пачӗ. Комбайнер халичченхи ўсӗмпе ҫырлахма шутламасть, умра тата пысӑкрах тӗллев.

— Суртрисене вырса пухнӑ чухне ӗҫ тухӑҫлӑхне икӗ хута яхӑн ўстересчӗ,—терӗ вӑл, колхоза кайма хатӗрленсе.—Иртнӗ ҫулта кашни талӑкра 20-шер гектар вырса пухнӑччӗ, кӑҫал 23 гектара ҫитермеллех. Пире, механизаторсене, тырпулшӑн пыракан кӗрешӗвӗн малти линине тӑратрӗҫ пулсан, ҫав ретрен каялла чакма пирӗн право ҫук. Малалла кайма вӗрентет пире Коммунистсен партийӗ.

Н. ВОЛКОВ.

(Хамӑр корр.).

Редакцие килнĕ çыру

## Вĕрентÿре наглядлăй пособисемпе усă курасси çинчен

Шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçне тивĕçлипе йĕркелесси уроксенче наглядлăй пособисемпе усă курнинчен нумай килет. Ăçана халиччен пĕлмен пилĕк сăмаха ним кăтартмасăр вĕрентсе пăхăрха, çав сăмахсене ача час ăнланса илеймест. Çавăн йышши çирĕм сăмаха вартинкăсемпе çыхăнтарса вĕрентсе пăхăр, çав ачах ку сăмахсене хăвăрт вĕренсе çитĕт, ăнланса илет, тенĕ вырăсен чаплă педагогĕ К. Д. Ушинский.

Учительсенчен нумайăшĕ уроксенче наглядлăй пособисемпе, вĕренÿре кирлĕ ытти хатĕрсемпе анлă усă курассĕ. Çапла май ачасем çирĕп пĕлÿ илессĕ, хăйсен пĕлĕвне практикăпа çыхăнтарма хăнăхассĕ.

Паллах ĕнтĕ, наглядлăй пособисемпе тăтăшах усă курни вĕрентÿпе воспитани ĕçĕнче чылай пулăшу парать. Анчах, калас пулать, хăшпĕр учительсем çакăн çинчен манса каяççĕ, наглядлăй пособисемпе кирлĕ пек усă курмаççĕ.

Опыт çакна кăтартать: вĕрентÿре наглядлăй пособисемпе усă курни, методика кăтартăвĕсене çирĕп пурнăçласа пыни вĕренекенсен пĕлĕвне чылай ÿстерме пулăшать. Çакна çирĕплетме хамăн опыт çинчен кăштах каласа парас тетĕп.

Эпĕ шкулта ачасене 43 çул вĕрентетĕп ĕнтĕ. Пуçламăш шкулта нумай ĕçлерĕм. Халĕ нимĕç чĕлхи вĕрентетĕп. Эпĕ кирек хăçан та уроксенче наглядлăй пособисемпе усă курма тăрăшатăп. Эпĕ уйрăм ÿкерчĕксемпе тата çав ÿкерчĕксем мĕне кăтартни çинчен çырнă хутсемпе тăтăшах усă курма тăрăшатăп. Малтан ÿкерчĕксем тăрăх калаçса паратăп, унтан вĕсен айне çырса хунă хутсене çакатăп. Вĕсене вуласа, вĕренекенсем ÿкерчĕк айне çырмалли текста тупаççĕ. Асăннă хатĕрсемпе эпĕ нимĕç чĕлхине вĕрентнĕ чухне усă куртăм.

Чăваш шкулĕсенче вырăс чĕлхине вĕрентнĕ чухне те çак наглядлăй пособисемпе усă курма пулать. Чăваш ачисем хытă тата çемçе хупă сасăсене (б-п, г-к, д-т) пăтраштараççĕ. Çак çитменлĕхе пĕтерес ĕçре çакăн пек туни те пысăк пулăшу парать: малтан ÿкерчĕксем туса хатĕрлемелле, вĕсене пĕлтерекен сăмахсене ăрасна хут татăккисем çине çырса хумалла: бочка-почка, коса-коза, трава-дрова т. ыт. те. Урока лайăх, методика тĕлĕшĕнчен тĕрĕс ирттерсен, вĕренекен ача качака ÿкерчĕкĕ айне «коса» çырнă хута çакса хумасть, саспаллисене лайăх уйăрма пĕлет, вĕсене тĕрĕс калама та часах вĕренет. Эпĕ кăтартнипе тунă çавăн йышши пособисем районти Якуртушкăнри тата Мулкачкассинчи пуçламăш шкулсенче усăллă пулчĕç. Ÿкерчĕксемпе усă курса çырулла ĕçсене те тĕрлĕ майсемпе ирттерме пулать. Учитель ÿкерчĕксене тата вĕсен айне çырмалли текстсене пурне те курăнмалли вырăна çакса хурать. Унтан пысăк саспаллисене (б-п, г-к) хут татăкисемпе хуплать, вара çырса илме хушать. Пурте çырса илсен, учитель саспаллисене хупланă хут татăкисене илсе пăрахать. Çапла вара ачасем хăйсен йăнăшĕсене хăйсемех курма пултараççĕ.

Ÿкерчĕксемпе вĕсен айне çырмалли текстсене кайри парттăсем çинче ларакансем те лайăх курма пултарччăр, саспаллисене хитре, вулама çăмăл çырса хумалла; ÿкерчĕк çинче кирлĕ япаласене çеç кăтартмалла.

Наглядлăй пособисемпе — картинăсемпе тата тĕрлĕрен таблицăсемпе лайăх усă курма пĕлнипе пĕрлех, вĕренÿре кирлĕ çак хатĕрсене тирпейлĕ усрамалла. Картинăсемпе таблицăсене ятарласа тунă рейкăсем çумне çыпăçтармалла. Кнопкăпа е пăтасемпе доска çине çыпăçтарсан, çак таблицăсем часах шăта-шăта пĕтеççĕ, çапла вара юрăхсăра тухаççĕ. Çапла ан пултăр тесен, кашни учителĕн вĕренÿ хатĕрсемпе тĕрĕс, пĕлсе усă курма тăрăшас пулать, вĕсене нумайччен усрамалла тăвассишĕн тăрăшмалла. Ÿкерчĕксемпе таблицăсене тата карттăсене кĕпе çакмалли зажимсемпе хĕстерсен те аван. Пружина шăтăкĕ витĕр пралук карса, çак пралукран çакмалли тума пулать. Вара çав зажимсене çиппе е çинçе кантрапа доска çумне çакса хума май килет. Унта вĕренÿ пособийĕсене доска çумĕнчи çак зажимсемпе хĕстерсе çакса хума пулать. Зажимсемпе усă курасси çакăнтан тата лайăх: вĕренÿ пособийĕсене хăвăрт çакма пулать, темиçе ÿкерчĕк кăтартмалла пулсан, зажимсене урокченех çакса хурсан, уроксенче ÿкерчĕксене кăтартма вăхăт нумай иртмест.

Анчах темшĕн магазинсемпе лавккасенче çав зажимсене сайра-хутра çеç сутаççĕ. Зажимсем шкулта наглядлăй пособисемпе усă курма, вĕсене тирпейлĕ усрама май панине шута илсе, Чăваш республикин Сутĕç министерствин вырăнти промышленность предприятийĕсене зажим тума заказ парсан аван пулĕччĕ. Шкул валли тунă зажимсене хуçалăхра усă курмалли зажимсенчен илемлĕрех тумалла, вĕсене хитререх сăрпа сăрласан аван пулмалла.

Ачасене наглядлăй пособисемпе усă курса вĕрентес ĕçе хакламаннине пĕтермелле. Кашни шкулăн çав пособисене çителĕклĕ туянмалла. Вĕренÿре кирлĕ хатĕрсем тăвас ĕçе учительсене, аслă классенчи вĕренекенсене, ачасен ашшĕ-амăшĕсене хутшăнтарсан аван пулмалла. Вĕрентÿпе воспитани ĕçне пур майсемпе те лайăхлатассишĕн тăрăшасси—сутĕç работникĕсен тивĕçĕ.

М. ФЕДОРОВ,
Çĕмĕрлери 1-мĕш шкул учителĕ.

Польша Халăх Республики. Варшава. Париж Коммуни ячĕпе тăракан, телефон аппаратури туса кăларакан завод цехĕнче. Гвардия Людова ячĕпе тăракан бригада членĕсем ĕçре. Ку бригадăри çамрăксем ĕçре малта пыраççĕ.

### ЧЕНСТОХОВРИ Б. БЕРУТ ЯЧĔПЕ ТАРАКАН МЕТАЛЛУРГИ КОМБИНАТĔНЧЕ СĔНĔ ДОМНА ĔÇЛЕМЕ ПУÇЛАНĂ

ВАРШАВА, августăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Ченстохов хулинче Болеслав Берут ячĕпе тăракан металлурги комбинатĕнче çĕнĕрен туса лартнă домна кăмаки малтанхи хут чугун шăратса кăларнă.

### Варшава хулинчи строительство

ВАРШАВА, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Польша столицинчи ĕçсыннисем кăçал июль уйăхĕнче 2 пине яхăн пурăнмалли пÿлĕмсем туса пĕтерсе ĕçе кĕртнĕ. Çĕнĕ суртсем Варшаври рабочисем пурăнакан Муранува, Жолибуж, Млынув, 2-мĕш Прага тата ытти районсенче нумай туса лартнă. Кунсăр пуçне тата çĕнĕрен вуншар магазин туса пĕтернĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ—Варшаври Старо Място текен районта. Маршалковски районти Конституци площадĕнче çĕнĕ почтамт ĕçлеме пуçланă.

### Болгарире пĕрремĕш мартен кăмаки ĕçлеме пуçланă

СОФИЯ, августăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарире В. И. Ленин ячĕпе тăракан металлурги заводне тăвакан строительсемпе монтажниксен—пысăк уяв. Пĕрремĕш мартен кăмаки ĕçе кĕнĕ. Ĕнер кăмака малтанхи хут хурçă шăратса кăларнă. Çапла ĕнтĕ малашне Болгари хăй хурçă шăратса кăларма тытăнать.

### Китайри рабочисен çитĕнĕвĕ

ШАНХАЙ, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). «Синьвэньжибао» хаçат çапла пĕлтерет: Шанхайри медицина аппаратури тăвакан государство завочĕ рентген аппарачĕсем тума тытăннă.

Нумаях пулмасть заводра 12 аппарата тĕрĕслесе пăхнă. Тĕрĕслÿ аппаратсем лайăх пулнине кăтартнă. Çакă вăл Китайра малтанхи хут рентген аппарачĕсем тума тытăнни пулать.

Хальхи вăхăтра рентген аппарачĕсем тăвакан тепĕр завод тума тытăннă.

## Корейăра тыткăнри çар çыннисене таварса пани

ПЕКИН, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Августăн 9-мĕшĕнче тепĕр сине тыткăнри 250 корееца тата ытти çĕршывсен çар çыннисене 150 çын таварса панă. Ытти çĕршывсен тыткăнри çар çыннисем хушшинче 112 американец, 21 акăлчан, 13 турок, 3 австралиец, 1 канадец тата 1 филиппинец.

Корейăпа Китай енне тыткăнри 2.272 çынна таварса панă. Вăл шутра 473 хĕрарăм, Китай халăх добровольцĕсем 601 çын. Кунсăр пуçне амăшĕсемпе пĕрле 23 ача таварса панă.

## Тăван çĕршыва хÿтĕлекенсемшĕн тăрăшни

ПХЕНЬЯН, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăри тĕп телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Демократиллĕ Корея, Халăх Республикин министрĕсен кабинечĕ çак кунсенче Корея Халăх çарĕнчен демобилизаци йĕркипе таврăннă аманнă воинсене ĕç тупса парасси çинчен тата шкулсенче вĕренме çăмăл йĕркепе илесси çинчен постановлени йышăннă.

Çак постановлени тăрăх, аманнă воинсене хăйсен ĕлĕкхи вырăнне каялла ĕçе илĕççĕ. Вĕсем валли ăнăçлă ĕçлеме тата хăйсен квалификацине ÿстерме лайăх условисем туса параççĕ. Аманнă воинсем çĕр ĕçĕпе пурăнма килĕшеççĕ пулсан, вĕсене çĕр участокĕ, сурт-йĕр тата вăрлăх уйăрса параççĕ. Çавăн пекех аманкă воинсем валли шкулсене вĕренме кĕме çăмăллăхсем панă.

## Францири сыхăну работникĕсен забастовки малалла пырать

ПАРИЖ, августăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Почта, телеграф тата телефон станцийĕсенче ĕçлекен работниксен пĕтĕмĕшле забастовки пирки, çавăн пекех тата чугун çул работникĕсен пысăк пайĕ ку таранччен забастовка тунă пирки паян «Журналь офисьель» хаçатра забастовка тăвакан сыхăну работникĕсемпе чугун çул работникĕсене ĕçе мобилизацилесси çинчен декретсем пичетлесе кăларнă.

ПАРИЖ, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Почта, телеграф тата телефон министерствине забастовка тăвакан рабочисене ĕçе мобилизацилеме хушса, правительство декрет кăларнă пулсан та, пĕтĕмĕшле забастовка çаплах малалла пырать.

Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, мобилизаци йĕркипе те сыхăну работникĕсен пĕчĕк пайĕ кăна ĕçе тухнă. Паян Парижра, иртнĕ кунсенчи пекех, никам патне те çырусемпе телеграммăсем илсе пырса паман. Хуласемпе сыхăнакан телефон станцийĕсем ĕçлемеççĕ. Килсе тулнă çырусене валеçсе парас тĕлĕшпе çарсене мобилизациленĕ.

Паян «Юманите» хаçат Пĕтĕм Франциври ĕçлев конфедерацине вĕрекен почта работникĕсен федерацийĕн исполнительнăй комиссийĕ пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Пĕлтерÿре сыхăну работникĕсен пĕрлĕхĕ пысăк пулнине палăртнă.

Исполнительнăй комисси департаментсенчи забастовка комитечĕсене Пĕтĕм Франциври ĕçлев конфедерацийĕн, «Форс увриер», Франциври христианла ĕçсыннисен конфедерацийĕн тата автономиллĕ профсоюзсен представителĕсемпе тачă сыхăну тытма чĕнет.

## Малайя экономикинчи кризис

ПЕКИН, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Малайя экспортĕнче тĕп вырăн йышăнса тăракан таварсен хакĕ — тăхланпа каучук хакĕ йÿнелни Малайя экономикине хавшатасси патне илсе çитернĕ. Тăхланпа каучук хакĕ йÿнелесси Пĕрлешÿллĕ Штатсем хĕснинчен килнĕ. Малайя правительстви официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ тăрăх, кăçалхи çулăн малтанхи çур çулĕнче суту-илÿ дефицичĕ иртнĕ çулхи дефицит патне яхăнах пулнă.

Кăçалхи çулăн иккĕмĕш кварталĕнче тăхлан кăларакан 54 рудник хупăннă. Çăмăл промышленность та, вăл шутра пир-авăр, строительство промышленноçĕсем, çавăн пекех супăнь промышленноçĕпе кокс çăвĕ кăларакан промышленность та, пысăк сиен кураççĕ. Нумаях пулмасть Сингапурта кокс çăвĕ кăларакан фабрикăсем 30 яхăн хупăннă. Пусма тавар сутакансем Сингапурпа Малайăра суту-илÿ ĕçĕ начар пынă пирки, юлашки икĕ уйăх хушшинче Сингапур укçипе шутласан, 6 миллион доллар чухлĕ тăкак курнă.

### Турцире тавар хакĕ ÿссе пырать

СОФИЯ, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Турцире тухса тăракан хаçатсем Турцире тавар хакĕ ÿсни çинчен пĕлтереççĕ. Сăмахран, 1950 çултан пуçласа 1953 çула çитиччен аш-какай хакĕ 60 процент, çусен хакĕ—68 процент, пусма-тавар хакĕ, вăтам шутпа, 75 процент ÿснĕ.

«Ĕç мĕнпе пĕтĕ» ятлă статьяра Турцире тухса тăракан «Хер гюн» хаçат çапла çырать: пирĕн çĕршывра тавар хакĕ кунтан-кун ÿссе пырать, ĕçсыннисен пурнăçĕ тата та ытларах йывăрланса çитет.

Çавăн пекех хваттер укçи хакĕ те ÿснĕ. 1953 çул хушшинче кăна хваттер укçи хакĕ икĕ хут ÿснĕ. «Акын» хаçат çапла çырать: «Çĕршывра сурт-йĕр кризисĕ вăйланса çитнĕ. Хваттер укçи питех те хаклă илеççĕ».

Хваттер укçи хакĕ пысăк пулнă пирки Стамбул хулинче вуншар пин хваттер пушă тăрать, çав вăхăтрах 100 пин çын ытла бараксенче тата ишĕлчĕк суртсенче, урамра выртса-тăрса пурăнаççĕ.

### ГРЕЦИРЕ ÇĔР ЧĔТРЕНĔ

ПАРИЖ, августăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Афинăран çапла пĕлтерет: ĕнер Ионически тинĕсри Итака утравĕ çинче çĕр чĕтренĕ. 3 çын вилнĕ, 50 çын аманнă, 200 çурт ишĕлнĕ. Çĕр чĕтренĕ тĕп вырăн Афинăран 310 километрта Итакапа Лефкас утравĕсем хушшинче пулнă.

### «ШУМАН ПЛАННЕ» ЙЫШĂННА ÇĔРШЫВСЕН ЮТ ÇĔРШЫВ ĔÇĔСЕН МИНИСТРĔСЕН КАНАШЛĂВĔ

БЕРЛИН, августăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Августăн 7—8-мĕшĕсенче Баден-Баденра (Хĕвеланăç Германи) «Шуман планне» йышăннă çĕршывсен — Франци, Итали, Хĕвеланăç Германи, Бельги, Голланди, Люксембург ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕ пулса иртнĕ.

Канашлу кун йĕркинче тăнă тĕп ыйту вăл «Европăри политикăлла пĕрлешÿ» тенĕскерне туса хурасси çинчен пулнă. Ăна агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика блокĕн никĕсĕ çинче тăвасшăн.

Канашлу ĕçĕнчен нимĕн те тухман пулмалла. Канашлу хыççăн Баден-Баденра пичетлесе кăларнă пĕлтерÿре каланă тăрăх, ют çĕршыв ĕçĕсен «министрĕсем «çавăн пек политикăлла пĕрлешĕве туса хурас тĕлĕшпе хăйсен ĕçне малалла туса пыма йышăннă». Пĕлтерÿре çавăн пекех тата çак «пĕрлешĕве» «Европăри çĕр кăмрăкĕпе хурçă пĕрлешĕвне» (Шуман планĕ) тата «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» тенĕскерне («Европа çарĕ») кĕртмелли çинчен каланă.

Асăннă çĕршывсен ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен çитес канашлăвĕ Гаага хулинче октябрь уйăхĕнче пухăнать.

### ДЖАММУ ТАТА КАШМИР ПРАВИТЕЛЬСТВИ ВЫРĂНТАН ТУХНĂ

ДЕЛИ, августăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Делире официальнăй йĕркепе çапла пĕлтернĕ: паян Джамму тата Кашмир государствин пуçлăхĕ Каран Сингх Абдулла шейх ертсе пыракан правительствăна салатса янă, Абдулла шейха премьер-министр вырăнĕнчен кăларнă, премьер-министр пулма Бакши Гулям Мохаммеда уйăрса лартнă.

ЛОНДОН, августăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин Делири корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: авторитетлă çынсем пĕлтернинчен çакă паллă пулса тăнă: паян вырăнтан кăларнă премьер-министра Абдулла шейха арестленĕ.

## Шыва ишес тĕлĕшпе республикăра мала тухассишĕн

Çĕнĕрен вунвиçĕ рекорд тунă

Çак кунсенче Шупашкарта ДОСААФ-ăн шыв станцинче шыва ишес тата шыва сикес тĕлĕшпе республикăра мала тухассишĕн ăмăрту пулса иртрĕ.

Çĕр метра ирĕклĕ стильпе хăвăрт ишсе тухмалли ăмăртура Комсомольски район представителĕ Н. Харитонов спортсмен лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Çак дистанцие вăл пĕр минут та 12,6 секундра ишсе тухрĕ. Çакă вăл республикăн çĕнĕ рекорчĕ пулать. Халиччени рекорда Г. Платонов тунă пулнă. Н. Харитонов юлташ çавăн пекех 400 метра ирĕклĕ стильпе хăвăрт ишсе тухса халиччени рекорда лайăхлатрĕ. Ю. Логинов спортсмен 100 метра месерле 1 минут та 30 секундра ишсе тухса республикăра çĕнĕ рекорд турĕ. 200 метра вăл 3 минут та 10 секундра ишсе тухса паха тĕслĕх кăтартрĕ, рекорд турĕ.

Хĕрсенчен ирĕклĕ стильпе 100 метра хăвăрт ишсе тухас тĕлĕшпе «Искра» спорт обществин членĕ Петрова лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Çак дистанцире айăкăн ишсе А. Телегина спортсменка пуриччен мала тухрĕ. Унăн вăхăчĕ 1 минут та 42,6 секунд. Çакă вăл пирĕн республикăшăн тата тепĕр çĕнĕ рекорд пулчĕ. 200 метрлă дистанцие месерле хăвăрт ишсе тухас тĕлĕшпе ялхуçалăх институтĕнче лаборантка пулса ĕçлекен Л. Константинова каллех тепĕр çĕнĕ ÿсĕм турĕ. Вăл 3 минут та 47,8 секундра ишсе тухрĕ.

Брасс стилĕпе 200 метра хăвăрт ишсе тухса Н. Щемелева спортсменка республикăра çĕнĕ рекорд турĕ. Вăл 3 минут та 40,5 секундра тухрĕ. Батерфляй стилĕпе 100 метра хăвăрт ишсе тухса, хĕрсенчен — Л. Комиссарова, арçынсенчен Ю. Мальцев лайăх тĕслĕх кăтартрĕç.

Вышка çинчен шыва сикес тĕлĕшпе Шупашкар хулин представителĕсем Г. Петровăпа А. Ковалевский начар мар тĕслĕх кăтартрĕç. Ю. Суетнов спортсмен 1.500 метра 26 минут та 46 секундра ишсе тухрĕ.

Командăсенчен пĕрремĕш вырăна «Искра» спорт обществи, иккĕмĕш вырăна «Спартак», виççĕмĕш вырăна динамовецсем йышăнчĕç. Хуласенчен малти вырăна—Шупашкар хула команди, районсенчен—Комсомольски район команди мала тухрĕ.

Я. ОСИПОВ.

### Велосипедистсен ăмăртăвĕ

Нумай пулмасть Чăвашоблпрофсовет ирттерекен велосипедистсен ăмăртăвĕ пулса иртрĕ.

25 тата 20 километра велосипедпа чупса, «Медик» спорт обществин членĕ Бахтин юлташ пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Хĕрарăмсенчен 15 тата 10 километр чупас тĕлĕшпе Шупашкарти пир-авăр фабрикинче ĕçлекен Полякова лайăх тĕслĕх кăтартрĕ.

Облпрофсоветăн кусса çÿрекен призне илме обществăсем енĕпе «Медик» спорт обществин команди тивĕçлĕ пулчĕ.

Иккĕмĕш вырăна «Искра» спорт обществин команди тухрĕ. «Энергия» спорт обществин команди виççĕмĕш вырăн йышăнчĕ.

Профсоюз обкомĕсем енĕпе—пĕрремĕш вырăна пуçламăш тата вăтам шкулта ĕçлекенсен профсоюз обкомĕн команди йышăнчĕ.

К. НИКИШЕВ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья.— Тырпул пухса кĕртнĕ тапхăрта политикăлла-массăлла ĕçе вăйлатар.
СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсем çине совет çыннисем ĕçре çĕнĕ ÿсĕмсем тунипе ответлеççĕ.
Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Облпрофсоветра.
Е. Ефремов. — Коммунистсем çитменлĕхсемпе килĕшме пултараймаççĕ.
А. Мещанкин. — Массăсемпе сыхăнса ĕçлесси—партилле руководствăн кирлĕ условийĕ.
Комбайн — тырпул пухса кĕртес ĕçри ăнăçлăха татса паракан тĕп машина.
Ют çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

### Тÿрлетни

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн августăн 11-мĕшĕнче пичетленсе тухнă умстатьян юлашки абзацĕнчи 7-мĕш йĕркене, «çапăçусенче пиçĕхнĕ» сăмахсем хыççăн çапла тÿрлетсе вуламалла: «Коммунистсен партийĕ коммунизм тăвакан совет обществин ертсе, хавхалантарса, организацилесе пыракан вăйĕ пулса тăрать», малалла текстри пекех. «Правда» хаçат умстатьи августăн 8-мĕшĕнче мар, 10-мĕшĕнче пичетленсе тухнă.

Ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă Законăн 18-мĕш статьин пĕрремĕш абзацĕн юлашки икĕ йĕркине çапла тÿрлетсе вуламалла: «районсенчи исполнительнăй комитечĕсем ялхуçалăх налогĕ тÿлессинчен, хуçалăха кÿнĕ сиенĕн пысăкăшне кура, пĕтĕмпех е пĕр пайне чакарма пултараççĕ».

19-мĕш статьян юлашки абзацри тăваттăмĕш йĕркери «виçĕ çултан кая мар» вырăнне «пĕр çултан кая мар» тесе тÿрлетсе вуламалла.

Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.



Вулакансем пĕлтереççĕ

★ **Шкул вĕренÿ çулне хатĕр.** Вăрмар районĕнчи Шутнерпуçĕнчи пуçламăш шкул çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленсе çитрĕ. Шкул тата учительсем валли çулталăк хутмалăх вутă хатĕрлесе, турттарса панă. Шкул çуртне юсанă. Вĕренÿре кирлĕ учебниксемпе тĕрлĕ пособисем хатĕрлесе хунă.

П. ИВАНОВ.

★ **Мари АССР-ĕн театрĕ Сĕнтĕрте.** Районти культура суртĕнче Мари АССР-ĕн драма театрĕ Алексей Симуковăн «Девицы-красавицы» комедине лартса панă.

Спектакле район центрĕнчи тата çывăхри колхозсенчи колхозниксемпе колхозницăсем 385 çын пырса курчĕç.

М. ИСАЕВ.

★ **Ялти клубра.** Советски районĕнчи Ильич ячĕпе тăракан колхоз клубĕ çумĕнче темиçе çул ĕнтĕ лекторсен ушкăнĕ ĕçлет. Кăçал вăл 35 лекци вуланă. М. Афоринов, И. Николаев, И. Васильев, Ф. Антонова лекторсем обществăлла-политикăлла темăсемпе, çутçанталăк çинчен, медицина ыйтăвĕсемпе лекцисем чылай вуланă.

В. МИТРОФАНОВ.

★ **Килĕренех радио.** Ишлей районĕнчи «Знамя труда» колхоз членĕсем кăçал 243 киле радио кĕртрĕç. Халĕ колхозниксем Мускавран, Шупашкартан паракан передачăсене йĕркеллĕ итлеççĕ. Унсăр пуçне вырăнти радиоузел тăрăх лекцисем пулаççĕ, концертсем параççĕ.

Учительсен августри канашлăвĕсем тĕлне

## Пуçламăш классенчи ачасене лайăхрах вĕрентессишĕн

Пирĕн çĕршыври çамрăк ăрăва вĕрентсе воспитани парас ĕçре пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулсенчи I—IV-мĕш классен пĕлтерĕшĕ калама çук пысăк. Çак классенче ачасем наука никĕсĕсемпе паллашма пуçлаççĕ, вулама, çырма, шутлама вĕренеççĕ, ушкăнпа ĕçлеме хăнăхаççĕ, коммунизмла мораль никĕсĕсене вĕренсе алла илеççĕ. Пуçламăш классенче тĕрĕс те уçăмлă вулама, илемлĕ çырма, арифметикăпа задачăсем шутлама вĕренсе çитеймен ача малалли классенче те лайăх вĕренме пултараймасть. Çакă вăл вĕренсе тухса ĕçлеме пуçласан та сисĕнет.

1952—1953-мĕш çулхи вĕренÿ çулĕн итогĕсем çакна кăтартса пачĕç: пирĕн республикăри шкулсенчи I—IV-мĕш классенче ĕçлекен нумай учительсем ачасене вĕрентсе воспитани парас ĕçе ăнăçлă туса пычĕç. А. Т. Некрасов (Куславкка районĕнчи Цармасри пуçламăш шкул), А. Ф. Аристовская (Вăрмар районĕнчи Паттири пуçламăш шкул), З. В. Шигаевăпа А. В. Черникова (Шупашкарти 4-мĕш номерлĕ вăтам шкул) юлташсем вĕрентекен классенче пĕр класра икĕ çул ларакансем çук, вĕренме пуçланă ачасене вĕсем çулсерен лайăх вĕрентсе кăлараççĕ. Юлашки çулсенче Н. Н. Прохоров (Октябрьски районĕнчи Кивĕ Тутайкассинчи пуçламăш шкул), В. А. Михайлова (Вăрнарри вăтам шкул), В. Н. Корытникова (Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Шуруйри çичĕ çул вĕренмелли шкул) тата ытти нумай учительсем вĕренÿ ĕçне лайăхлатрĕç, пĕр класра икĕ çул ларассине пĕтерчĕç.

1952—1953-мĕш вĕренÿ çулĕнче, унччени çулсемпе танлаштарсан, I—IV-мĕш классенчи ачасене лайăх вĕрентсе кăларнă учительсен хисепĕ чылай ÿснĕ. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче ытти çулсенчи пек уйрăм учительсем кăна мар, учительсен коллективĕсем те мала тухрĕç. Сăмахран, Октябрьски районĕнчи Караньялти пуçламăш шкул учителĕсем—В. Г. Григорьев, Н. А. Ананьева тата А. С. Степанова юлташсем хăйсем вĕрентекен ачасене пурне те лайăх вĕрентсе кăларнă.

Çÿлте асăннă учительсем лайăх ĕçлени мĕнтен килнĕ-ха? Çакă вăл вĕсем вĕренÿ çулĕ тăршшĕпех ответлăха туйса ĕçленинчен, кашни урока тĕплĕн хатĕрленсе пырса тĕрĕс ирттернинчен, ачасен активлăхĕпе пултарулăхне аталантармалли меслетсемпе усă курма пĕлнинчен, ачасене харпăр хăй тĕллĕн шутласа выводсем тума вĕрентсе пынинчен, материала ăнланмалла чĕлхепе калама пĕлнинчен килнĕ. Çак учительсем уроксене илем тĕлĕшпе тĕрĕс ирттерессишĕн, ачасен чĕлхе культурине çыру чĕлхине куллен ÿстерсе пырассишĕн, уроксене тĕплĕн ăнланмалла тăвассишĕн тимлĕн тăрăшса ĕçленĕ.

Кунпа пĕрлех вĕсем хăйсен идейăллатеориллĕ шайне ÿстерес, ачасене вĕрентмелли методикăпа вĕренсе алла илес тĕлĕшпе те çине тăрса ĕçленĕ. Ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсемпе, парти, комсомол, профсоюз организацийĕсемпе, ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе таччăн çыхăнса ĕçлеме пĕлни вĕсене вĕрентÿпе воспитани ĕçĕнчи чи кăткăс та ответлă задачăсене ăнăçлă татса пама пулăшнă.

Анчах пирĕн республикăри хăшпĕр шкулсем I—IV-мĕш классенчи ачасене вĕрентсе воспитани парас ĕçе иртнĕ вĕренÿ çулĕнче çителĕклĕ туса пыраймарĕç-ха. Хăшпĕр шкулсенчи ачасен пысăк пайĕ вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймасть. Начар вĕренекенсем пĕрремĕш классенче те пулнă. Пĕрремĕш классене вĕрентекен учительсем çичĕ çулхи ачасемпе ĕçлеме пурте вĕренсе çитеймен-ха.

1952—1953-мĕш вĕренÿ çулĕ вĕçĕнче IV-мĕш классенче ирттернĕ пĕр класран тепĕр класа куçмалли экзаменсем ачасем вырăс чĕлхипе, тăван чĕлхепе тата арифметикăпа çителĕклĕ пĕлÿ илейменнине кăтартса пачĕç. Çапла, сăмахран, Чурачăк районĕнчи Кăшнаруйри çичĕ çул вĕренмелли шкулти IV-мĕш класра (учительници Л. Г. Григорьева) вĕреннĕ 29 ачаран 15-шĕ, Вăрмар районĕнчи Арапуçри çичĕ çул вĕренмелли шкулти IV-мĕш «а» класра (учительници М. Н. Генералова) вĕреннĕ 37 ачаран 19-шĕ кăна V-мĕш класа куçнă.

Асăннă шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçе чăтма çук япăх пыни мĕнтен килнĕ-ха? Çакă вăл, чăн малтанах, çак классенчи хăшпĕр учительсем теори тĕлĕшпе начар хатĕрленнинчен, ачасене вĕрентсе воспитани парас ĕçе çителĕклĕ пĕлменнинчен, хăйсен чыслă та хисеплĕ ĕçне вĕренсе çитме тăрăшманнинчен килнĕ. Хăшпĕр учительсем ачасем «3» паллăпа вĕренсе пынипе кăна лăпланса лараççĕ. Анчах çакă вăл ачасем çирĕп пĕлÿ илейменнине пĕлтерет.

I—IV-мĕш классенчи ачасене вĕрентекен учительсем вĕрентÿпе воспитани ĕçĕнче ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе çыхăну тытмаççĕ. Шкул руководителĕсемпе шкула тĕрĕслеме пыракан инспекторсем пуçламăш классенче ĕçлекен учительсен ĕçне кирлĕ пек тишкерсе тăмаççĕ, вĕсене вăхăтра пулăшмаççĕ.

1953—1954-мĕш вĕренÿ çулĕнче I—IV-мĕш классенчи ачасене вĕрентсе воспитани парас ĕçе тĕпренех лайăхлатмалла. Çакна тума чăн малтанах учительсен ĕç квалификацийĕпе идейăллатеориллĕ шайне ÿстерес ĕçе йĕркелесе ямалла. Çак ĕçре вĕсене районти педагогика кабинечĕсем тата шкулсем хушшинчи методикăлла пĕрлешÿсем пысăк пулăшу пама тивĕç.

I—IV-мĕш классенчи ачасене вĕрентекен учительсен ĕçне тĕрĕслесе тăрассине вăйлатмалла. Шкул инспекторĕсене пулăшас шутпа, çак ĕçе V—X-мĕш классенче ĕçлекен, вĕрентÿпе воспитани ĕçне тĕплĕн вĕренсе çитнĕ опытлă учительсене, шкул руководителĕсене хутшăнтармалла.

Ачасене пуçламăш шкулта вĕрентни — пĕтĕмĕшле пĕлĕвĕн никĕсĕ пулса тăрать. Ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен, пуçламăш парторганизацисемпе профсоюз организацийĕсен I—IV-мĕш классенче ĕçлекен учительсен ĕçне тишкерсе тăмалла, пирĕн ачасене — коммунизмăн пуçас строителĕсене вĕрентсе воспитани пама куллен пулăшса пымалла.

П. НИКОЛАЕВ,
Республикăри учительсен пĕлĕвне ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлекен институтăн сотрудникĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-09, ответлă секретарь—4-25, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, ăрăва пурнăç пайĕ—2-04, ялхуçалăх пайĕ—3-07, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 08310 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.